ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул
Январь
21
ШАМАТКУН
№ 15 (9694)

Хакĕ 20 пус.
36-мĕш çул тухать.

## Паянхи номерте:



# Йывăр индустри—социализмла экономика никĕсĕ

ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне пирĕн пĕтĕм халăх хĕрӳллĕн, пĕр кăмăллă пулса ырлать. Çак проекта сӳтсе явнă май рабочисем, колхозниксем, интеллигенци хамăрăн промышленность, ялхуçалăх, транспорт тата строительство ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе паха сĕнӳсем параççĕ, КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе пыракан социализмла ăмăртура çĕнĕ те пысăкрах обязательствăсем йышăнаççĕ. Партин XX-мĕш съездне тивĕçлипе кĕтсе илессишĕн пыракан ăмăртура Мускав хулипе Мускав облаçĕнчи чылай коллективсем илнĕ, ĕнер пичетленсе тухнă обязательствăсем массăсен творчествăлла пуçарăвĕ ӳснипе уççăн кăтартса параççĕ. «Москвоуголь» комбинатра, Сталин ячĕпе тăракан автозаводра, «Красный пролетарий» заводра, Электролампа заводĕнче, Владимир Ильич ячĕпе тăракан заводра, подшипниксем тăвакан пĕррремĕш заводра, «Каучук» заводра, Коломнăри паравуссем тăвакан заводра тата ытти предприятисенче ĕçлекенсем государствăн 1956 çулхи планне срокчен тултарма, техникăна малалла аталантарассишĕн, продукци туса кăларассине ӳстерессишĕн, продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн тата продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетессишĕн пыракан кĕрешӳре çĕнĕ çитĕнӳсем тума обязательство йышăннă.

Директивăсен проектĕнче улттăмĕш пилĕкçуллăх валли палăртса хунă заданисем Совет Союзĕн халăх хуçалăхне, пуринчен малтан йывăр индустрие—социализмла экономика никĕсне çĕнĕрен хăватлăн вăйлатма май параççĕ. Çак плана пурнăçлани вăл ССР Союзĕн экономика тĕлĕшĕнчи хăвачĕ малалла ӳснине, унăн никам çĕмĕрейми оборона хăвачĕ татах та ытларах тĕрекленнине, халăх пурнăçĕ чылай лайăхланнине, совет культури ӳснине пĕлтерет.

Аслă Ленин çапла вĕрентнĕ: «çĕрĕçне те çĕнĕлле организацилеме пултаракан машинăллă шултра промышленность социализмăн пĕртен-пĕр материальнăй никĕсĕ пулма пултарать». Коммунистсен партийĕ, йывăр индустрие малалла хăватлăн аталантарас çул-йĕре çирĕппĕн пурнăçласа, производство хатĕрĕсем туса кăларассине, халăха кирлĕ япаласем туса кăларассине танлаштарсан, ытларах аталантарса пыма кирли çинчен, çакă вăл ӳссе сарăлса пыракан воспроизводство валли кирек мĕнле пулсан та чи кирлĕ услови пулса тăни çинчен Ленин кăтартса панисене асра тытса ĕçлет.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра промышленность продукцине пĕтĕмĕшпе 65 процента яхăн ӳстерме палăртса, Директивăсен проекчĕ производство хатĕрĕсем туса кăларассине çак пилĕкçуллăхра 70 процента яхăн ӳстерес задача лартать. Директивăсен проекчĕ хура тата тĕслĕ металлургие, нефть, çĕр кăмрăк тата хими промышленноçне малалла аталантарассине, электростанцисем тăвас ĕç хăвăртлăхне ыттисенчен иртерсе пырассине, машиностроение хăвăрт ӳстерессине улттăмĕш пилĕкçуллăхăн промышленность енĕпе пурнăçламалли пĕррремĕш черетри задачисем вырăнне лартать.

Промышленность туса кăларакан нумай продукцие улттăмĕш пилĕкçуллăхра ӳстерме палăртса хуни Совет державин экономики, кивĕ, революцичченхи Россия экономикипе танлаштарсан, мĕн тери ӳсĕ хăпарнине уççăн кăтартса парать. 1960 çулта—улттăмĕш пилĕкçуллăхăн юлашки çулĕнче—пирĕн çĕршывра чугун 53 миллион тонна—1913 çулхинчен 12 хут ытла нумайрах, хурçă 68,3 миллион тонна—революцичченхи вăхăтринчен 16 хут ытла нумайрах туса кăларма тытăнаççĕ, çĕр кăмрăкĕ 593 миллион тонна—кивĕ Российăринчен 20 хут ытла нумайрах, нефть 135 миллион тонна таран, урăхла каласан, 1913 çулхинчен 15 хут нумайрах кăларма пуçлаççĕ.

Йывăр индустри пĕрмаях ӳссе пыни ялхуçалăхне, çавăн пекех çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне кучухнехи техникăпа пуянлатма çирĕп никĕс туса парать. Çапла вара ялхуçалăх продукцийĕ тата апат-çимĕçпе промышленность таварĕсем нумайрах туса кăларма, çавна май ĕççынниссен ыйтăвĕсене туллипрех тивĕçтерме тата пурнăçне лайăхлатма паха майсем пулса тăраççĕ.

Йывăр индустри, пирĕн пĕтĕм халăх хуçалăхĕ пекех, чи çӳлте тăракан техника никĕсĕ çинче аталанса пырать. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра мирлĕ ĕçсенче атом энергийĕпе чылай анлăрах усă курма, производствăн техника тĕлĕшĕнчи шайне хăпартас тĕлĕшпе нумай ĕçсем тума палăртнă.

Çĕршыва электрификацилесси çинчен, электричество энергине халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене анлăн кĕртсе пырасси çинчен Ленин хушса хăварнисене Коммунистсен партийĕ пĕтĕм вăя хурса пурнăçласа пырать. Директивăсен проекчĕ 1960 çулта электричество энергийĕ туса кăларассине 320 миллиард киловатт-сехете çитерме палăртать. Çакă вăл 1913 çулхинчен 168 хут нумайрах пулать. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра турбинăллă электростанцисен пĕтĕм хăвачĕ 2,2 хута яхăн, гидроэлектростанцисен хăвачĕ—2,7 хут ӳсет.

Çак пилĕкçуллăхра Куйбышев, Сталинград гидроэлектростанцийĕсемпе ытти чылай гидроэлектростанцисене пĕтĕмпех туса çитереççĕ, Иркутск гидроэлектростанцине тата Ангара çинчи Братск гидроэлектростанцийĕн пĕррремĕш черетне ĕçе яраççĕ, Атăлпа Кама, Енисейпе Обь шывĕсем çинче çĕнĕ гидроэлектростанцисем тума тытăнаççĕ, ăшă вăйĕпе ĕçлекен электростанцисен хăвачĕсене ӳстереççĕ. ССР Союзĕн Европа пайĕнче пĕрлĕхлĕ энергетически система тума, Вăтаçĕрти Çĕпĕрĕн пĕрлĕхлĕ энергетически системине тума, Грузи, Азербайджан тата Армени энергосистемисене пĕрлештерме палăртнă.

Çĕршыв вăй-хăватне малалла ӳстерес тата техникăна аталантарса пырас задачăсем йывăр индустрин чĕри пулса тăракан машиностроение малашне те хăвăрт вăйлатса пыма хушаççĕ. Пысăк тухăçлă ĕçлекен çĕнĕ йышши оборудованине машинăсем, станоксем, прессем, аппаратсем тата приборсем туса кăларас ĕçе вăйлăн аталантарассине Директивăсен проекчĕ машиностроени енĕпе пурнăçламалли питех те кирлĕ задача вырăнне лартать.

Йывăр индустрире, промышленноçăн мĕнпур отраслĕсенчи пекех, производствăн шалти пысăк резервĕсене тупса палăртмалла, вĕсемпе халăх хуçалăхне вăйлатас ĕçре усă курмалла. Задача çакăнта пулать: ĕç тухăçлăхне ӳстернипе тата хăватсемпе лайăхрах усă курнипе продукци туса кăларассине чылай ӳстермелле.

Йывăр индустрие тата пĕтĕм промышленноçа малалла вăйлатассишĕн пыракан кĕрешӳре парти организацийĕсен ролĕ питĕ пысăк. Вĕсен массăсен творчествăлла пуçарăвне хавхалантарса, ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн тата государство планĕсемпе заданийĕсене ăнăçлă пурнăçлассишĕн социализмла ăмăртăва куллен-кун ертсе пымалла. Малта пыракансемпе новаторсене, рационализаторсемпе изобретательсене активлăн пулăшасси, хамăрăн çĕршыври тата урăх çĕршывсенчи наукăпа техникăн чи çĕнĕ çитĕнĕвĕсене производствăна хăвăртрах кĕртсе пырасси парти организацийĕсен тивĕçĕ пулса тăрать.

Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе улттăмĕш пилĕкçуллăхра йывăр индустрие—социализмла экономикăн тĕреклĕ никĕсне малалла хăватлăн ӳстерессишĕн, çĕршыв оборонине тĕреклетессишĕн, ĕççыннисен пурнăçне ытларах та ытларах лайăхлатассишĕн пыракан кĕрешӳре совет халăхĕ çĕнĕ çитĕнӳсем тăвĕ.

(«ПРАВДА» хаçатăн январĕн 20-мĕшĕнчи умстатьинчен).

# Франклин çуралнăранпа 250 çул тултарнă ятпа иртнерĕ чаплă лару

Совет общественноçĕ тĕнче культурин историйĕнчи паллă куна—Америка ученăйĕ тата обществăлла деятелĕ Вениамин Франклин çуралнăранпа 250 çул тултарнине паллă турĕ. Январĕн 17-мĕшĕнче Мускаври Ломоносов ячĕпе тăракан Государство университечĕн актовăй залĕнче Франклина чысласа асăнма чаплă лару иртнерĕ. Ларăва СССР Наука академийĕ, Мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Совет Комитечĕ, Мускаври Государство университечĕ, СССР писателĕсен союзĕ тата Урăх çĕршывсемпе культурăлла çыхăнусем тытас тĕлĕшпе ĕçлекен Пĕтĕм Союзри общество пухнă.

Университетăн уяври пек илемлетнĕ залĕнче культура деятелĕсем, ученăйсем пурĕ 2 пин çына яхăн пухăннă.

Ларăва уçнă чухне СССР Наука академийĕн президенчĕ А. Н. Несмеянов академик сăмах тухса каланă, Франклин обществăлла пысăк деятель, наукăна нумай вăй хунă ученăй пулнине палăртнă. Франклин çуралнăранпа 250 çул тултарнă май СССР Наука академийĕ ученăйăн чылай произведенийĕсене тата ун çинчен çырнă кĕнекесемпе статьясене пичетлесе кăларасси çинчен постановлени йышăннă.

Ларура Вениамин Франклинăн наукăлла ĕçĕсем çинчен П. Л. Капица академик доклад туса панă. Вăл Франклин электричество тĕлĕшпе тунă тĕп открытисем çинчен каласа панă.

Хăйĕн докладĕнче СССР Наука академийĕн член-корреспонденчĕ А. В. Ефимов Вениамин Франклинăн нумай енлĕ, уççăн палăрса тăракан обществăлла ĕçĕ çинчен, ученăй миршĕн, захватчикла вăрçăсене хирĕç тăни çинчен каласа панă. Аслă Франклина асра тытни, тенĕ докладчик, пĕр-пĕрне мирлĕ те туслă пурăнассишĕн, халăхсен ырлăхĕшĕн кĕрешекенсене тачă пĕтĕçме пани та пулăшать. (ТАСС).

# Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕ пĕтĕм совет халăхĕн шухăш-кăмăлне палăртать

## Текстильщиксен ĕçри хастарлăхĕ

Шупашкарти пир-авăр комбиначĕн пир тĕртекен фабрикăри рабочисемпе служащисен пĕрлехи пухăвĕ пулса иртрĕ. Унта КПСС XX-мĕш съезчĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектне сӳтсе ярĕç.

— Пирĕн коллектив, — тет производство заведующийĕ А. Бекренев инженер,—парти съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, чылай çитĕнӳсем турĕ. Вăл çĕршыва куллен 100 пин метр ытла пир-авăр парать. 1955 çулта планран иртерсе 1,6 миллион метр пир-авăр тĕртсе кăларнă. Кăçал коллектив умĕнче тата пысăкрах задачăсем тăраççĕ: оборудовани тухăçлăхне проектра палăртнă виçене çитермелле, пир-авăр пахалăхне лайăхлатмалла.

Директивăсен проектĕнче пир-авăр промышленноçне малалла аталантарма, ăна çĕнĕрен те çĕнĕ техникăпа пуянлатма палăртнă. Улттăмĕш пилĕк çуллăх плана, мĕнпур совет çыннисем пекех, пирĕн коллектив та пĕтĕм чун-чĕререн ырлать. Бекренев юлташ рабочисемпе инженерсене тухăçлăрах ĕçлеме, КПСС XX-мĕш съездне çĕнĕ çĕнтерӳсемпе кĕтсе илме чĕнет.

— Çĕнĕ пилĕкçуллăх совет çыннисене пысăк та сутă малашлăхсем уçса парать,— тет А. Лукоянова ткачиха. Вăл Директивăсен проектне ырлать, ĕç нормине куллен 115 процентран кая мар тултарса пыма, пĕррремĕш сорт пир-авăр 96 процентран кая мар тĕртсе кăларма сăмах парать.

Мастер помощникĕ И. Борисов коммунист çĕршыври промышленность хăвăрт аталанни, ĕççыннисен пурнăçĕ лайăхланса пыни çинчен хавхаланса калать. Çĕнĕ пилĕкçуллăх — совет çыннисен пурнăçне малалла лайăхлатмалли, культурине ӳстермелли пилĕкçуллăх. Рабочисен ĕç укçи, колхозниксен тупăшĕ чылай ӳсет. Медицина пулăшăвĕ, пенсисем пама укçа-тенкĕ нумай уйăрма палăртнă. Социализм çĕршывĕнче çеç ĕççыннисемшĕн çавăн пек тăрăшаççĕ, тет Борисов юлташ.

Пухура И. Зайцев мастер, мастер помощникĕ В. Будников, М. Мальцева мотальщица, пир тĕртекен иккĕмĕш цех начальникĕ А. Белкин, И. Беспалова ткачиха тухса каларĕç. Вĕсем пурте КПСС Центральнăй Комитечĕ хатĕрленĕ Директивăсен проектне ырларĕç.

Пуху, пĕр çын пек пулса, 1956 çулхи плана срокчен тултарма, 10 тоннăран кая мар çип перекетлеме, перекетленĕ çипрен планран иртерсе 300 пин метр пир-авăр тĕртсе кăларма, ĕç тухăçлăхне, 1955 çулхипе танлаштарсан, 26 процент, оборудовани тухăçлăхне 8,7 процент ӳстерме, продукци пахалăхне лайăхлатма, рационализаторла сĕнӳсемпе изобретенисене пурнăçласа 100 пин тенкĕ перекетлеме социализмла обязательство йышăнчĕ.

Çип арлакан фабрикăра та пуху пысăк çĕкленӳпе иртрĕ. Пуринчен малтан мастер помощникĕ А. Егоров юлташ сăмах илчĕ. Вăл ертсе пыракан бригада партин XX-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртура малта пырать, пысăк пахалăхлă продукци туса кăларать. Егоров юлташ Директивăсене ырлать, ĕç тухăçлăхне ӳстерме, оборудованипе туллинрех усă курма, продукци пахалăхне лайăхлатма сăмах парать.

Пухура М. Павлова прядильщица, С. Ерохина съемщица, производство заведующийĕ А. Глумов тата ытти юлташсем тухса каларĕç.

Пуху çĕнĕ обязательство йышăнчĕ, оборудовани тухăçлăхне, 1955 çулхипе танлаштарсан, 3 процент, ĕç тухăçлăхне 10 процент ӳстерме, кăçал 30 тоннăран кая мар çĕр мамăкĕ перекетлеме, перекетленĕ чĕртавартан 20 тонна çип арласа кăларма, çип пахалăхне лайăхлатма палăртрĕ.

Пухусем пулса иртнĕ хыççăн комбинат коллективĕ пысăк çĕкленӳпе ĕçлет, хăйĕн обязательствине чыслăн пурнăçлассишĕн кĕрешет.

М. ШИБАЕВ.

## ÇĔНЕ ÇИТЕНУСЕМ ТУМА ХАВХАЛАНТАРАКАН ДОКУМЕНТ

МУРКАШ. Районти ĕççыннисем ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне пысăк çĕкленӳпе сӳтсе яваççĕ. Çак документ колхозлă ял ĕçченĕсене çĕнĕ çитĕнӳсем тума хавхалантарать.

«Сталинец» ялхуçалăх артелĕн членĕсем кăçал кашни гектартан 100 пăтран кая мар тĕштырă туса илме обязательство йышăннă. Колхозниксем халĕ çуракине хатĕрленеççĕ. Ĕнер кунта пĕр кун хушшинче хире 100 тонна тислĕк кăларнă.

«Красный Октябрь» колхозра кăçал çĕнĕрен сысна, чăх-чĕп тата лаша витисем тума палăртнă. Ĕнер ир-ирех 80 çын çуран тата 55 лав строительство валли йывăç хатĕрлеме тухса кайрĕç.

(Хамăр корр.).



УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Шупашкарти Водопьянов ячĕпе тăракан тир-сăран комбинатĕнчи атă-пушмак çĕлекен цехри агитатор А. Дмитриев рабочисемпе работницăсене ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе партин XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне вуласа парать.

Г. Зиньков фотоӳкерчĕкĕ.

## Çĕнĕ завода хăвăртрах тăвăпăр

*Çул-йĕр машинисем тăвакан тата юсакан завод директорĕ Г. А. Савельев юлташ каласа пани*

Çул-йĕр машинисем тăвакан тата юсакан завод директорĕ Савельев юлташ пирĕн корреспондента çапла каласа панă: ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнче автомобиль транспорчĕпе грузсем турттарассине икĕ хута яхăн ӳстерме палăртнă. Пурте усă курма пултаракан автомобиль транспорчĕн удельнăй виçи груз турттарас ĕçре чылай ӳсмелле, унпа груз турттарасси 4,3 хут ӳсет. Проект тăрăх, пирĕн çĕршывра 1960 çулта 650 пин автомобиль туса кăлармалла.

Автомобильсемпе усă курассине лайăхлатасси, грузсем турттарма ларакан хака йӳнетесси автомобиль çулĕсем тунинчен тата вĕсене тĕпрен çĕнетсе лайăхлатнинчен сахал мар килет. Директивăсен проектĕнче автомобиль çулĕсем тăвассине тата юсассине вăйлатма, халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенче, вăл шутра çул-йĕр строительствинче те, йывăр ĕçсене механизацилеме палăртнă. Çаксене шута илсе, СССР Автомобиль транспорчĕпе шоссе çулĕсен министерстви кăçал Шупашкарта çул-йĕр машинисем тăвакан тата юсакан завод лартма йышăнчĕ.

Çак завода лартма Шупашкар хулин кăнтăр пайĕнче, Ишлейе каякан чугун çулпа Канаша каякан автомобиль çулĕ хушшинче участок уйăрса панă. Завода типовой проект тăрăх лартмалла. Проект тăрăх, заводра çичĕ цех пулать. Пĕр цехĕнче çул-йĕр машинисене юсама, тепринче—машинăсен деталĕсем, виççĕмĕшĕнче—нуçса çӳренен мастерскойсем туса кăларма палăртнă. Кунсăр пуçне чугунпа хурçă шăратакан, инструментсем тăвакан, йывăç япаласем тăвакан цехсем пулаççĕ.

Заводра çĕнĕ машинăсем тата запаслă пайсем ытларах туса кăларма палăртнă, кивĕ машинăсене юсасси производство программинче 30 процент çеç йышăнмалла.

Шупашкарта туса кăларакан машинăсемпе детальсене СССР Автомобиль транспорчĕпе шоссе çулĕсен министерствине пăхăнса тăракан Пушкăрт, Мордва, Мари, Тутар, Удмурт, Чăваш республикисенчи, РСФСР-ти 13 облаçри предприятисемпе стройкăсене ăсатма, çавăн пекех вĕсен çул-йĕр машинисене юсама палăртнă. Çапла ĕнтĕ çак заводăн халăх хуçалăхĕнчи пĕлтерĕшĕ пысăк пулать.

Рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем валли пурăнмалли çуртсем, культурăпа йăла учрежденийĕсен çурчĕсем чылай лартма йышăннă. Сăмахран, 80-шар хваттерлĕ пилĕк хутлă икĕ çурт, ача сачĕсемпе яслисем тата ыттисем те пулаççĕ.

Кăçал завода лартма 6 миллион тенкĕ укçа уйăрса панă. 1958 çулта ăна туса пĕтерсе ĕçе ямалла. Завода туса лартма СССР Автомобиль транспорчĕпе шоссе çулĕсен министерствине пăхăнса тăракан Мускаври «Автотрансстрой» треста хушнă. Вăл Шупашкарта строительствăпа монтаж управленийĕ уçать.

Çак завода Шупашкарта лартма йышăнни Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви пирĕн республика экономикине тата хăвăртрах аталантарассишĕн, чăваш халăхĕн пурнăçĕпе культурине ӳстерессишĕн тăрăшнине уççăн кăтартать.

## *Апат-çимĕç продукчĕсем ытларах пулчĕç*

КАНАШ. (Хамăр корр.). Хулари апат-çимĕç комбиначĕ 1955 çулхи производство планне 107,3 процент тултарчĕ, продукцин хăйне ларакан хакне 4,2 процент йӳнетрĕ, ĕç тухăçлăхне 10 процент ӳстерчĕ, продукци пахалăхне лайăхлатрĕ, çĕнĕ йышши апат-çимĕçсем туса кăларма тытăнчĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕ хатĕрленĕ проектра апат-çимĕç таварĕсем туса кăларассине ӳстерме, продукци пахалăхне лайăхлатма, ассортиментне нумайлатма палăртнă. Кăçал комбинат коллективĕ пĕлтĕрхинчен икĕ хут ытларах продукци туса кăларма пулчĕ. Çавна май кунта производствăна ытларах механизацилеме, шалти резервсемпе лайăхрах усă курма тăрăшаççĕ. Çак уйăхра премĕксем пĕçерекен цехра мĕнпур ĕçе механизацилесе çитереççĕ. Çакă ĕç тухăçлăхне ӳстерме пулăшнипе пĕрлех, продукци пахалăхне лайăхлатма май парать.

Халĕ рабочисем, партин XX-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнса, çĕнĕ çĕкленӳпе ĕçлеççĕ. Севастьяновăпа Никитина тата Петрова юлташсен сменисем задание куллен 140—160 процент тултараççĕ.

## Халăх пурнăçне лайăхлатассишĕн

КРАСНОАРМЕЙСКИ. МТС мастерскойĕнчи механизаторсем кăнтăрлахи смена вĕçленнĕ хыççăн токарнăй цеха митинга пухăнчĕç. Партбюро секретарĕ И. Константинов юлташ ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕ çинчен каласа пачĕ.

— Директивăсен кашни пункчĕ,—терĕ главнăй инженер М. Леонтьев юлташ,—тăван коммунистсен партийĕ совет халăхĕн мирлĕ пурнăçне малалла чечеклентерессишĕн куллен тăрăшни çинчен калать. Пирĕн пурнăç лайăхланасси хамăртан нумай килет. Коммунистсен партийĕ çĕнĕ пилĕкçуллăхра кăларса тăратнă задачăсене ăнăçлă пурнăçлас тесе пирĕн механизмсен хăвачĕпе туллинрех усă курма, ĕç тухăçлăхне ӳстерсе пыма тăрăшмалла.

КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан директивăсен проектне ырласа, çавăн пекех механик Кузьмин юлташ тухса каларĕ. Вăл съезд ячĕпе йышăннă обязательствăсене пурнăçа кĕртессишĕн социализмла ăмăртăва вăйлатса пыма чĕнчĕ.

Машина-трактор станцийĕн коллективĕ КПСС XX-мĕш съезчĕ уçăлнă кун тĕлне 55 трактор тата ялхуçалăх машинисене 80 процентран кая мар юсама, юсав ĕçĕнче 25 пин тенкĕ перекетлеме тăрăшать.

Н. ОРЛОВ. (Хамăр корр.).

## Мирлĕ ĕçсен планĕ

КУСЛАВККА. Суртсем тăвакан заводри столярнăй цех. Кунта тĕп продукци — пӳрт алăкĕсемпе кантăк тавракĕсем, рамăсем, стенасем тата ытти кирлĕ япаласем туса кăлараççĕ. КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе пыракан социализмла ăмăртура ку цех коллективĕ ялан тенĕ пек малта пырать. Цех руководителĕсем халиччен усă курман шалти резервсене ĕçе кĕртме тăрăшаççĕ. Коммунистсемпе комсомолецсем пурне те пример кăтартса ĕçлеççĕ.

Кăнтăрлахи кану вăхăтĕнче цехри рабочисемпе работницăсем, инженерсемпе техниксем тата служащисем машинăсен пайĕнчи пысăк пӳлĕме пухăнчĕç.

— Пур хаçатсем те, — терĕ партбюро секретарĕн заместителĕ Агниашвили юлташ,—ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне пичетленĕ. Çак проекта пирĕн пĕтĕм халăх активлăн хутшăннипе туса хатĕрленĕ, унта совет çыннисен шухăш-кăмăлне уççăн кăтартса панă. Çак Директивăсем тăрăх пирĕн çĕршывра чугун, хурçă, çĕр кăмрăкĕ, нефть кăларассине нумай ӳстерме, совет çыннисене мĕн кирлĕ, çавсене пурне те кирлĕ чухлĕ туса кăларма палăртаççĕ. Эпĕ пĕтĕм коллектива улттăмĕш пилĕкçуллăх заданийĕсене срокчен тултармалла тăвассишĕн тăрăшса ĕçлеме чĕнетĕп.

62 çулхи столяр В. Никифоров юлташ сăмах илет.

—Америкăпа Англири тата капитализмла ытти çĕршывсенчи империалистсем,—тет вăл,—çĕнĕ вăрçа хатĕрленеççĕ, атомлă хĕçпăшалпа юнаса хăратма тăрăшаççĕ пулсан, пирĕн çĕршывра атом энергийĕпе мирлĕ ĕçсенче анлăн усă курма палăртаççĕ. Улттăмĕш пилĕк çуллăх план вăл—мирлĕ ĕçсен планĕ. Партипе правительство Тăван çĕршыври халăхсен телейĕпе малашлăхĕшĕн куллен тăрăшнипе хавхаланса, эпĕ кашни сменăрах 1,5—2 норма тултарса пыма пулатăп.

Комплектовщик Харитонов юлташ та цехри мĕнпур работниксен шухăш-кăмăлĕсене палăртса каларĕ.

— Эпир, суртсем тăвакансем, — терĕ вăл,—улттăмĕш пилĕкçуллăх заданийĕсене срокчен тултарассишĕн социализмла ăмăртăва вăйлатса пырăпăр. Эпĕ КПСС XX-мĕш съезчĕ уçăлнă кун тĕлне планран иртерсе хатĕр продукцие пĕр вагонран кая мар йĕркелесе яма пулатăп.

Цехри рабочисемпе работницăсем, инженерсемпе техниксем тата служащисем, Директивăсене тулли кăмăлпа ырласа, улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пĕрремĕш çулĕнчи производство планне СССР Конституцийĕн кунĕ тĕлне—декабрĕн 5-мĕшне тултарма, ĕç тухăçлăхне 8 процент ӳстерме, продукцин хăйне ларакан хакне 5,1 процент йӳнетме обязательство йышăнчĕç.

Суртсем тăвакан, сушильнăй тата йывăç материалсем сурса хатĕрлекен цехсен коллективĕсем те пысăк обязательствăсем йышăнчĕç.

М. АЛЕКСАНДРОВ.

# ПАРТИ ПУРНӐҪӖ

## Парторганизацисен тивӗҫӗ

Выльӑх-чӗрлӗх работникӗсем хушшинчи социализмла ӑмӑртӑва кирлӗ пек йӗркелесси — парторганизацисен пысӑк задачисенчен пӗри. Пирӗн районти чылай колхозсенчи пуҫламӑш парторганизацисем партин XX-мӗш съезчӗ ячӗпе сарӑлнӑ социализмла ӑмӑртӑва тивӗҫлипе ертсе пыраҫҫӗ. «Красная Чувашия» колхозра дояркӑсем хушшинчи ӑмӑрту итогӗсене кашни уйӑх хушшинчех пӑхса тухаҫҫӗ. Уйӑхри итогсем тӑрӑх мала тухнӑ дояркӑсене колхоз правленийӗпе пуҫламӑш парторганизацин кӗсса ӳрекен хӗрлӗ ялавне параҫҫӗ, 50 тенкӗ укҫан парса премилеҫҫӗ. Доярка Вера Егорова фермӑра 15 ҫул хушши ӗҫлет. Вӑл хӑйӗн ӗҫне юратать. Иртнӗ ҫулхи октябрьпе декабрь уйӑхӗсем хушшинче вӑл кашни ӗнерен 291-шер литр сӗт суса илсе районта пӗррӗмӗш вырӑн йышӑнчӗ.

Ҫавӑн пекех «Искра Ильича» колхозри дояркӑсем юлашки виҫӗ уйӑх хушшинче кашни ӗнерен 157-шер литр сӗт суса илнӗ. Ӗнесенчен сӗт суса илессине ӳстерес тӗлӗшпе парторганизаци чылай ӗҫсем туса иртерчӗ. Малтанхи вӑхӑтра фермӑсенче ҫирӗп йӗрке пулман. Ӗнесене вӑхӑтра шӑвarman. Сӗт суса илесси чылаях чакнӑ пулнӑ.

Халӗ фермӑра ҫирӗп кун йӗрки туса хунӑ. Ӗнесене рационпа, ырӑш улӑмне вӗттесе, пӑспа ҫемҫетсе ҫитереҫҫӗ, кунне икӗ хут ӑшӑ шывпа шӑвараҫҫӗ. Ферма заведующийӗ М. Антонов коммунист хӑйне шанса панӑ ӗҫе тӑрӑшса тӑвать. Социализмла ӑмӑрту итогӗсене тӑтӑшах пӑхса тухаҫҫӗ.

«Социализм» колхозри пуҫламӑш парторганизаци кашни фермӑна парторганизаторсем ҫирӗплетнӗ. Парторганизаторсем ферма работникӗсем хушшинче социализмла ӑмӑртӑва йӗркеленӗ, культурӑлла-массӑлла ӗҫсем туса иртереҫҫӗ. Партбюро секретарӗ К. Семенов юлташ хӑй те фермӑсенче час-часах пулать, унта ӗҫлекен работниксемпе калаҫать, вӗсене усӑллӑ канашсем парать, малта пыракансен опычӗпе паллаштарать.

Иртнӗ ҫулта «Социализм» колхоз ӗнесенчен сӗт суса илессипе кая юлса пыратчӗ. Ку тӗлӗшпе колхоз кӑҫал чылай утӑмсем тума пултарать. Ҫакна юлашки виҫӗ уйӑх хушшинче кашни ӗнерен, малтанхи ҫулхипе танлаштарсан, 36 литр ытларах сӗт суса илни те лайӑх кӑтартса парать.

Г. НИКИФОРОВ.
КПСС Тӑвай райкомӗн МТС енӗпе ӗҫлекен инструкторӗ.

## Лайӑх ӗҫлекен профгруппа

Шупашкарти пир-авӑр комбинатӗнчи арлакан цехри планочница Гурьянова юлташ профгруппорг пулса ӗҫлеме тытӑннӑранпа профсоюз ӗҫӗ чылай лайӑхланчӗ. Кашни уйӑх пуҫламӑшӗнче профсоюз членӗсен пухӑвне иртереҫҫӗ. Унта партин XX-мӗш съезчӗ ячӗпе илнӗ социализмла ӑмӑрту обязательствисене мӗнле пурнӑҫласа пынине пӑхса тухаҫҫӗ, ӗҫри ҫитменлӗхсене палӑртса вӗсене пӗтермелли майсене кӑтартса хӑвараҫҫӗ.

Профгруппӑри страхделегат Л. Федорова, культорганизатор Иванова, обществӑлла инспектор С. Федорова профсоюз членӗсен кулленхи пурнӑҫӗсене тивӗҫтерме тӑрӑшаҫҫӗ.

Л. Федорова рабочисен нушисемпе час-часах интересленет, чирленӗ рабочисем патне киле ҫӳрет, кирлӗ пулсан пулӑшма тӑрӑшать. Культорганизатор Иванова театра е кино курма культурӑлла походсем организацилет, час-часах кану каҫӗсем иртерет.

Профгруппӑри рабочисем производство ваданийӗсене яланах иртерсе тултараҫҫӗ, оборудование тухӑҫлӑ ӗҫлеттереҫҫӗ, туса кӑларакан продукци пахалӑхне лайӑхлатса пыраҫҫӗ. Профсоюзӑн фабрикӑри комитечӗ профгруппӑри 10 рабочие хӑйсен професси́не лайӑх пӗлекенсен шутне, виҫӗ рабочие комбинатри Хисеп хӑми ҫине кӗртнӗ.

А. АЛЕКСЕЕВ.

## Райком секретарӗ критикленӗшӗн тавӑрать

Октябрь уйӑхӗнче пулса иртнӗ Чкаловски районӗнчи парторганизаци конференцийӗнче коммунистсем райком отчетне активлӑ сӳтсе явреҫ. Ун чухне чи малтан Молотов ячӗпе тӑракан колхоз председателӗ А. Владимиров юлташ сӑмах илчӗ. Вӑл парти райкомне кадрсем суйласа илес ӗҫре йӑнӑшсем тунӑшӑн критиклерӗ.

— Райкомӑн МТС енӗпе ӗҫлекен секретарӗ Романов юлташ,—терӗ вӑл,—вӑтӑр пин шучӗпе колхоза кайма кӑмӑл тунӑ. Ӑна Молотов ячӗпе тӑракан колхоза яма палӑртреҫ. Пуху пухреҫ. Мана колхоз председателӗнчен кӑларса, Романов юлташа суйлама сӗнчӗҫ. Анчах колхозниксем унӑн «пахалӑхӗсене» лайӑх пӗлсе, Романов юлташа суйламарӗҫ.

Ҫак конференцирех «Путь Ленина» колхозри парторганизаци секретарӗ А. Минин юлташ инструкторсен ушкӑнӗ ҫитенӗксӗр ӗҫлени ҫинчен каларӗ. Вӑл та Романов юлташа хытӑ критиклерӗ.

— Романов юлташ,—терӗ вӑл,—колхозсене пулӑшу памасть. Пӗррехинче вӑл пирӗн колхоза пычӗ, правленире 15 минут ларчӗ те тухса кайрӗ.

Патӑрьел ял Совет председателӗ Т. Клычков юлташ Романов юлташ государство умӗнчи обязательствӑсене вӑхӑтра пурнӑҫламанни ҫинчен — государствӑна сӗт-ҫу, аш-какай парса татманни ҫинчен каларӗ.

Романов юлташа делегатсем пурте тӗрӗс критиклерӗҫ.

Романов юлташ вӗсене хирӗҫ ун чухне ҫапла каларӗ: мана критиклекенсене ответ паратӑп, терӗ. Вӑл хӗрсе кайрӗ, хӑйне критикленӗ ҫынсене кӳрентерчӗ.

Конференци, паллах, критикӑна пусаракана, шавлӑн мухтанакана килӗшме пултараймарӗ. Делегатсем унӑн сӑмахне сивлерӗҫ.

Партконференци хыҫҫӑн Романов юлташ тӳрленессе кӗтнӗччӗ районти коммунистсем. Анчах ун пек пулмарӗ. Романов юлташ май килнӗ чухне Владимировпа Минин юлташсене хӗсме пуҫларӗ.

Нумаях пулмасть Романов юлташ райкомри коммунистсен пухӑвӗнче конференци ӗҫӗсем ҫинчен доклад турӗ. Вӑл конференци ӗҫне тӗрӗс сутатмарӗ. Докладчик каланӑ тӑрӑх, унӑн ӗҫӗнче нимӗнле ҫитменлӗхсем те пулман имӗш. Хӑйне критиклени ҫинчен пӗр сӑмах та шарламарӗ.

Доклад тӑрӑх Р. Шакуров юлташ тухса каларӗ.

— Романов юлташ,—терӗ вӑл,—конференци ӗҫне тӗрӗс хак парас вырӑнне мухтанчӗ кӑна, ӗҫри ҫитменлӗхсене пытарса хӑварчӗ.

Малалла Шакуров юлташ райком ӗҫӗнчи ҫитменлӗхсене, Романов юлташ ҫав-ҫавах бюрократла меслетсемпе ӗҫленине кӑтартса пачӗ.

Ун хыҫҫӑн тухса калакансем те Романов юлташ критикӑна хисеплеменнине, тивӗҫсӗр мухтанма юратнине палӑртреҫ.

Докладчик юлашки сӑмах илчӗ. Вӑл критикӑна йышӑнас вырӑнне, каллех ӑна путарма хӑтланчӗ. Шакуров юлташ ҫинчен ҫапла каларӗ: райком аппарачӗ урӑх хӑрах урипе кӑна пусни, ҫапах та аслисене вӗрентме хӑтланать. Райкомран часах тухса ӳкме те пулать, тенӗ вӑл.

Критиклекенсене хӗсесси кунпа пӗтмен-ха. Тепӗр кунне ирех Романов юлташ Шакуров юлташа кабинета чӗнсе илет те сехет ҫурӑ хушши ӑна «ӑс парать».

— Манӑн чӑнах та ҫитменлӗхсем пур пулӗ,—тет Романов юлташ райком пайӗн заведующине Шакуров юлташа.—Ун ҫинчен нухура мар, хама каламаллаччӗ...

Шакуров юлташ парти Уставӗ мӗн хушнине аса илтернӗ.

— Эсӗ мӗн, ман вырӑна ларасшӑн-и?—тенӗ Романов юлташ ҫиллене кайнипе.

Тӗлӗнмелле: кам Романов юлташа критиклет, тӳрлетме тӑрӑшать, вӑл ӑна хӑйне сиен тӑвакан ҫын вырӑнне шутлать.

Т. ИВАНОВ.
(«Коммунизм ялавӗ» корр.).

## КПСС Муркаш райкомӗн пленумӗ

Ҫак кунсенче КПСС Муркаш райкомӗн пленумӗ обществӑлла выльӑх-чӗрлӗхе хӗл каҫарас тата унӑн тухӑҫлӑхне ӳстерес ӗҫ мӗнле пыни ҫинчен парти райкомӗн МТС енӗпе ӗҫлекен секретарӗн Жидков юлташӑн докладне итлесе сӳтсе явӗ. Районти чылай колхозсенче выльӑх-чӗрлӗхе хӗл каҫарассине начар йӗркеленӗ. Ку енӗпе уйрӑмах Энгельс ячӗпе тӑракан, «Динамо», «Труд», «Знамя коммунизма» тата Жданов ячӗпе тӑракан колхозсенче япӑх ӗҫлеҫҫӗ.

Энгельс ячӗпе тӑракан колхоз иртнӗ ялхуҫалӑх ҫулӗнче выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетмелли малашлӑх планне нихӑш енӗпе те тултарман. Сухалакан ӗрсен кашни 100 гектарӗ пуҫне ҫулталӑк хушшинче 4,3 центнер сысна ашӗ, кашни ӗнерен 757-шер килограмм сӗт тата кашни чӑхран 22 ҫӑмарта ҫеҫ илнӗ. Выльӑх-чӗрлӗх тухӑҫлӑхне ӳстерес енӗпе колхоз кӑҫал та юлса пырать. Ҫӗнӗ хуҫалӑх ҫулӗн малтанхи виҫӗ уйӑхӗ хушшинче кунта кашни ӗне пуҫне сӗт 57,3 литр кӑна суса илнӗ. Колхоз председателӗ Архипов тата парторганизаци секретарӗ Никифоров юлташсем выльӑх-чӗрлӗх ӗҫне кирлӗ пек хакламаҫҫӗ, фермӑсенче сайра хутра ҫеҫ пулаҫҫӗ.

Хӑшпӗр колхозсенче, япӑх пӑхса усранӑ пирки, выльӑхсем чылай вилеҫҫӗ. Чылай сӗрте ҫамрӑк выльӑхсене йышӑнма кирлӗ пек хатӗрленсе ҫитмен. Жданов ячӗпе тӑракан колхозра пӗтӗ выльӑхсене пӑхса усрассине тивӗҫлипе йӗркелемен. Иртнӗ ҫулта ҫак колхоз сысна ферминчен мӗн пурӗ 4.080 тенкӗ кӑна тупӑш илнӗ, ҫав вӑхӑтрах ҫулталӑк хушшинче сыснасем пӑхса усрама унтап 10 хут ытларах расходланӑ.

МТС выльӑх-чӗрлӗхе тӗрӗс-тӗкел хӗл каҫарма колхозсене начар пулӑшать. Ҫакна пула чылай колхозсенче утӑ-улӑма вӗтетмесӗрех ҫитереҫҫӗ. Чылай колхозсенче кормозапарниксемпе, автопоилкӑсемпе усӑ курмаҫҫӗ. МТС-ӑн главнӑй инженерӗ Васильев юлташ пленумра фермӑри механизмсемпе начар усӑ курнӑшӑн айӑпа пӗтӗмпех колхозсем ҫине йӑвантарчӗ. Анчах унӑн тӗрӗс мар шухӑшне пленумра никам та тӳрлетмерӗ.

КПСС райкомӗ, пуҫламӑш парторганизацисем массӑсем хушшинче организаторла тата политикӑлла-массӑлла ӗҫе ҫителӗксӗр туса пыраҫҫӗ. Районти ертсе пыракан партипе совет работникӗсем фермӑсенче сайра хутра кӑна пулаҫҫӗ, колхозниксемпе сахал калаҫаҫҫӗ, кулленхи массӑлла-политикӑлла ӗҫе ытларах радовой агитаторсем ҫине йӑвантарма пӑхаҫҫӗ.

Райкомӑн МТС енӗпе ӗҫлекен инструкторсен ушкӑнӗ выльӑх-чӗрлӗх ӗҫӗнчи мӗнпур участоксене опытлӑ кадрсемпе ҫирӗплетессине, вӗсене политикӑлла воспитани парассине тивӗҫлипе хакламасть. Фермӑсенче коммунистсем сахал, парторганизаторсем уйӑрса ҫитермен. Выльӑх-чӗрлӗх пӑхакансемпе семинарсем сайра хутра иртереҫҫӗ.

Райком пленумӗ выльӑх-чӗрлӗхе хӗл каҫарас тата унӑн тухӑҫлӑхне ӳстерес ӗҫе лайӑхлатмалли мерӑсем палӑртса решени йышӑнчӗ.

П. ПАВЛОВ.
(«Коммунизм ялавӗ» корр.).

### Ҫӗнӗ кӗнеке

Чӑвашсен государство издательстви чӑваш халӑх поэчӗ Яков Ухсай ҫырнӑ «Акӑшкӳл» ятлӑ романа пичетлесе кӑларчӗ. Кӗнекене Ф. Осипов художник ӳкерчӗкӗсемпе илемлетнӗ. Унта 236 страница, хакӗ 7 тенкӗ те 45 пус.

Ку ҫӗнӗ романа ҫитес кунсенче Чӑвашкниготоргӑн пур магазинӗсенче те сутма тытӑнаҫҫӗ.

ЯЛХУҪАЛӐХ АРТЕЛӖН ПРЕДСЕДАТЕЛӖ—КОЛХОЗ ПРОИЗВОДСТВИН ОРГАНИЗАТОРӖ

## Ӗҫе тӗрӗс йӗркелени—ҫитӗнӳсен никӗсӗ



Азербайджан ССР-ӗ. Шамама Гасанова вӑрҫӑ ҫулӗсенче ялхуҫалӑх шкулӗпчен вӗренсе тухсан Карягински районӗнчи «Первое Мая» колхозра ӗҫлеме тытӑннӑ. Ӗҫе чун-чӗререн юратакан хастарлӑ хӗр ҫӗр мамӑк тухӑҫлӑхне ӳстерес ӗҫӗн ӑсталӑхне ҫине тӑрса вӗренме тытӑннӑ. Ҫак культурӑна пысӑк тухӑҫлӑ туса илпӗшӗн вӑл Социализмла Ӗҫ Геройӗн ятне илме тивӗҫлӗ пулнӑ.

КПСС Центральнӑй Комитечӗн сентябрьти Пленумӗ хыҫҫӑн колхозниксем Ш. Гасановӑна колхоз правленин председателӗ пулма суйласа лартнӑ. Ҫӗнӗ председатель малтанхи кунсенчех колхозри ӗҫ дисциплинине ҫирӗплетесси, производство ӗҫне тӗрӗс йӗркелесси ҫине тимлӗн пӑхнӑ. Вӑл пуҫарнипе бригадирсем кашни каҫах ҫав кун пурнӑҫланӑ ӗҫсем ҫинчен отчетсем тунӑ. Кашни виҫӗ кунтах колхозниксене вӗсем мӗн чухлӗ ӗҫкунӗ туни ҫинчен каласа пама тытӑннӑ. Кашни бригадӑрах ӗҫсене пахалӑх тӗлӗшӗнчен хаклакан комисси организацилене. Тунӑ ӗҫсене ҫав комисси йышӑннӑ хыҫҫӑн колхозниксене ӗҫкунӗсем ҫырса параҫҫӗ. Кунта выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетекенсене тӑтӑшах хавхалантарса пыраҫҫӗ. Иртнӗ ҫулта плана иртерсе тултарнӑшӑн дояркӑсене 1.500—2.000 килограмм сӗт хушса парса тӳленӗ.

Колхоз правленийӗ производствӑлла ӗҫре механизаторсемпе туслӑ ҫыхӑну тытать. Колхоз полеводӗсемпе Городизски МТС тракторисчӗсем пӗр пек агротехникӑлла плана ҫирӗп пурнӑҫласа пыраҫҫӗ. Ҫапла туни уй-хир ӗҫӗсене куллен тӗрӗслесе пыма, йывӑр ӗҫсене анлӑрах механизацилеме май парать.

Ш. Гасанова сӗнни тӑрӑх ҫӗр мамӑкне тӑватках тӗмӗн тата ансӑр ретлӗ меслетпе акаҫҫӗ. Ҫапла тунипе иртнӗ ҫул кашни гектартан 39 центнер ҫӗр мамӑкӗ туса илнӗ. Кашни гектартан планпа пӑхнинчен 7 центнер ытларах ҫӗр мамӑкӗ туса илнӗ. Ретсем хушшине машинӑсемпе кӑпкалатни колхоза сакӑр пин тенкӗ укҫа перекетлеме май панӑ. Пӗр центнер ҫӗр мамӑкӗ туса илме ларакан хак унчченхи ҫулхисенчен чылай чакнӑ. Колхозӑн пӗтӗм тупӑшӗ халӗ ултӑ миллион тенкӗрен иртет. Колхозниксене кашни ӗҫкунӗшӗн 5 килограмм тӗпштырӑ, 18 тенкӗ укҫа панӑ.

Ш. Гасанова—СССР Верховнӑй Совечӗн депутачӗ.

Ӳкерчӗк ҫинче: (сылтӑмран сулахаялла): «Первое Мая» колхоз председателӗ Социализмла Ӗҫ Геройӗ ятне икӗ хутчен илнӗ Ш. Гасанова, Городизски МТС тракторисчӗ И. Гаджиев тата трактор бригадин бригадирӗн помощникӗ Ж. Мехралиев уйри станра.

Ф. Каплун фотоӳкерчӗкӗ
(ТАСС фотохроники).

## Халӑхсем хушшинчи культурӑлла ҫыхӑнусене пур майсемпе те сарса пырассишӗн

*(Мире хӳтӗлес тӗлӗшпе ӗҫлекен Совет Комитетӗнче)*

Миршӗн тӑракансен юхӑмӗ хӑй пуҫланнӑранпах тӗнчери халӑхсем хушшинчи культурӑлла ҫыхӑнусене ҫирӗплетессишӗн тӑрӑшать. Ҫак ҫыхӑнусем халӑхсене пӗрпӗрне ӑнланма тата туслӑ пурӑнма нумай пулӑшаҫҫӗ.

Миршӗн тӑракан совет ҫыннисем урӑх ҫӗршывсенчи общественноҫпа культурӑлла ҫыхӑнусем тытассипе ҫирӗплетес тӗлӗшпе нумай ӗҫсем туса пыраҫҫӗ.

Халӑхсем пӗр-пӗрин ҫӗршывӗсене делегацисем нумай яраҫҫӗ. 1955 ҫулта Мире хӳтӗлес тӗлӗшпе ӗҫлекен Совет Комитечӗ кӑна урӑх ҫӗршывсен 42 делегацине йышӑннӑ. Ҫак делегацисен составӗнче тӗрлӗ ҫӗршывсенчи мире юратакан вӑйсен представителӗсем пулнӑ.

1955 ҫулта миршӗн кӗрешекен совет ҫыннисен 27 делегацийӗ Китай Халӑх Республикинче, Индире, Бирмӑра, Индонезире, Японире, Францире, Италире, Швецире, Австрире, Польшӑра, Финляндире, Чехословакире пулчӗҫ. Ҫак делегацисен составӗнче анлӑ совет общественноҫӗн представителӗсем пулнӑ.

Совет Союзӗпе урӑх ҫӗршывсем хушшинчи культурӑлла ҫыхӑнусене вӑйлатас тесе, Мире хӳтӗлес тӗлӗшпе ӗҫлекен Совет Комитечӗ, хамӑрӑн ҫӗршыври ытти обществӑлла организацисемпе пӗрле, халӑхсене пӗр-пӗрин кинофильмӗсемпе, литературипе, наука ҫитӗнӗвӗсемпе, урӑх ҫӗршывсен общественноҫне совет халӑхӗн культура тӗлӗшӗнчи ҫитӗнӗвӗсемпе паллаштарма активлӑн пулӑшать.

Тӗнче культурин аслӑ деятелӗсен юбилейӗсене иртерни халӑхсем хушшинчи культурӑлла ҫыхӑнусене йӗркелес тата ҫирӗплетес ӗҫре пысӑк вырӑн йышӑнса тӑрать. Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗ пуҫарнипе ҫавӑн пек юбилейсем тӗнчери тӗрлӗ ҫӗршывсенче иртереҫҫӗ. Тӗнче культурин паллӑ деятелӗсен юбилейӗсене уявлас ӗҫе совет ҫыннисем активлӑ хутшӑнаҫҫӗ, мӗншӗн тесен вӑл, пӗр-пӗрин патне делегацисем, театр коллективӗсем пырса ҫӳренӗ пекех, пӗр-пӗрин живопись произведенийӗсемпе тата кинокартинисемпе паллашни пекех, халӑхсем пӗр-пӗрне ӑнланса ӗҫлесе пурӑнассине аталантарма, тӗнчери лару-тӑрӑва ҫӑмӑллатма пулӑшать.

Мире хӳтӗлес тӗлӗшпе ӗҫлекен Совет Комитечӗн президиумӗ 1956 ҫулта тӗнчери халӑхсем пӗр-пӗрин культурипе паллашассине малалла вӑйлатасси ҫинчен тӑракан ыйтӑва сӳтсе явнӑ.

Тӗрлӗ ҫӗршывсенчи миршӗн тӑракансен чылай делегацийӗсене Совет Союзне килсе курма чӗнеҫҫӗ. Миршӗн тӑракансен уйрӑм ҫӗршывсенчи комитечӗсем тӗнчипе миршӗн тӑракансен Совет Союзӗнчи юхӑмӗн представителӗсем чылай ҫӗршывсене кайса кураҫҫӗ.

Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн решенийӗпе килӗшӳллӗн 1956 ҫулта совет общественноҫӗ тӗнче культурин вунӑ аслӑ деятелӗн юбилейӗсене анлӑн паллӑ тӑвать. Вӑл шутра ҫак юбилейсене иртермелле:

авалхи Инди поэчӗн Калидасӑн юбилейне;

Япони художникӗ Тойо Ода вилнӗренпе 450 ҫул ҫитнине;

Америкӑн обществӑлла деятелӗ тата ученӑйӗ В. Франклин ҫуралнӑранпа 250 ҫул тултарнине (январӗн 17-мӗшӗнче);

Австри композиторӗ В. Моцарт ҫуралнӑранпа 200 ҫул тултарнине (январӗн 27-мӗшӗнче);

вырӑс писателӗ Ф. М. Достоевский вилнӗренпе 75 ҫул ҫитнине (февралӗн 9-мӗшӗнче);

нимӗҫ поэчӗ Генрих Гейне вилнӗренпе 100 ҫул ҫитнине (февралӗн 17-мӗшӗнче);

Франци физикӗ Пьер Кюри вилнӗренпе 50 ҫул ҫитнине (апрелӗн 19-мӗшӗнче);

Норвеги драматургӗ Генрих Ибсен вилнӗренпе 50 ҫул ҫитнине (майӑн 23-мӗшӗнче);

Голланди художникӗ Рембрандт ҫуралнӑранпа 350 ҫул тултарнине (июлӗн 15-мӗшӗнче);

Ирланди писателӗ Б. Шоу ҫуралнӑранпа 100 ҫул тултарнине (июлӗн 26-мӗшӗнче).

Мире хӳтӗлес тӗлӗшпе ӗҫлекен Совет Комитечӗ ҫӗршыври обществӑлла организацисемпе: СССР писателӗсен союзӗпе пӗрле, Урӑх ҫӗршывсемпе культурӑлла ҫыхӑнусем тытас тӗлӗшпе ӗҫлекен Пӗтӗм Союзри обществӑпа, СССР Наука академийӗпе, СССР Художество академийӗпе, Композиторсен союзӗпе, Политикӑпа наука пӗлӗвӗсем сарас тӗлӗшпе ӗҫлекен Пӗтӗм Союзри обществӑпа пӗрле Мускавра ҫак аслӑ деятельсен юбилейӗ ячӗпе чаплӑ пухусем иртерме палӑртнӑ. Ӗҫсыннисене юбилярсен пурнӑҫӗпе тата ӗҫӗсемпе паллаштарма наукӑлла сессисем иртерме, лекцисемпе докладсем туса пама, картинӑсемпе кӗнекесен выставкисене уҫма, плакатсем, репродукцисен альбомӗсем, наука, илемлӗ литература, музыка произведенийӗсем, ҫак деятельсем ҫинчен монографисем, кӗнекесем пичетлесе, документальнӑй фильмсем ӳкерсе кӑларма хатӗрленеҫҫӗ.

Мире хӳтӗлес тӗлӗшпе ӗҫлекен Совет Комитечӗн президиумӗ Культурӑлла ҫыхӑнусем тӗлӗшпе ӗҫлекен комисси туса хунӑ. Унӑн председателӗ—Комитет членӗ З. Н. Гагарина профессор. Комисси составӗнче—совет культурипе искусствин паллӑ деятелӗсем, обществӑлла организацисен представителӗсем. Комиссие СССР общественноҫӗпе урӑх ҫӗршывсен общественноҫӗ хушшинчи культурӑлла ҫыхӑнусене пур майсемпе те вӑйлатма пулӑшакан ӗҫсем туса иртерме хушнӑ.

## СССР Верховнӑй Совечӗн Президиумӗнче

СССР Министрӗсен Совечӗ сӗннипе СССР Верховнӑй Совечӗн Президиумӗ СССР Союзӗн Геологи тата ҫӗр айӗнчи пуянлӑхсене сыхлас енӗпе ӗҫлекен пӗтӗмсоюзлӑ министерствинчен ССР Союзӗн Геологи тата ҫӗр айӗнчи пуянлӑхсене сыхлас енӗпе ӗҫлекен союзлӑ-республикӑлла министерстви туса хунӑ, Казах ССР-ӗнче Геологи тата ҫӗр айӗнчи пуянлӑхсене сыхлас енӗпе ӗҫлекен союзлӑ-республикӑлла министерство туса хума йышӑннӑ, ҫак министерствӑна памалли предприятисемпе организацисене СССР Министрӗсен Совечӗ ҫирӗплетнӗ списокра кӑтартса панӑ.

* * *

СССР Министрӗсен Совечӗ сӗннипе СССР Верховнӑй Совечӗн Президиумӗ ССР Союзӗн Металлургипе хими промышленность предприятийӗсем тӑвакан пӗтӗмсоюзлӑ строительство министерствинчен ССР Союзӗн Металлургипе хими промышленность предприятийӗсем тӑвакан союзлӑ-республикӑлла строительство министерстви туса хунӑ, Казах ССР-ӗнче Металлургипе хими промышленность предприятийӗсем тӑвакан союзлӑ-республикӑлла строительство министерстви туса хума йышӑннӑ, ҫак министерствӑна памалли строительствӑпа монтаж организацийӗсене тата предприятисене СССР Министрӗсен Совечӗ ҫирӗплетнӗ списокра кӑтартса панӑ.

## Идеологилле ӗҫӗн тӗп тӗллевӗ—умра тӑракан задачӑсене пурнӑҫлама пулӑшасси

Партипе правительство ялхуҫалӑхӗн мӗнпур отраслӗсене вӑйлатас тӗлӗшпе пысӑк задачӑсем кӑларса тӑратрӗҫ. Ҫав задачӑсене ӑнӑҫлӑ пурнӑҫлама массӑлла-политикӑлла ӗҫе вӑйлатни, идеологилле ӗҫе практикӑлла задачӑсемпе ҫыхӑнтарса туса пыни кирлӗ.

КПСС Ишлей райкомӗ массӑлла-политикӑлла ӗҫе лайӑхлатса пыма тӑрӑшать. Агитаторсен составне тепӗр хут пӑхса тухса ҫирӗплетнӗ. Халӗ районта 700 агитатор ытла. Районти ертсе пыракан работниксем колхозсенчи агитаторсене пулӑшаҫҫӗ, хӑйсем те колхозниксем валли лекцисемпе докладсем иртереҫҫӗ.

Колхозниксем хушшинче куллен ӗҫлени пысӑк усӑ панине нумай тӗслӗхсемпе кӑтартса пама пулать. Сӑмахран, Энгельс ячӗпе тӑракан колхозра обществӑлла выльӑх-чӗрлӗхе хӗл каҫарассине япӑх йӗркеленӗ пулнӑ. Колхозри парторганизаци секретарӗ Н. Маркитанов юлташ партиллеполитикӑлла ӗҫе юхӑнтарнӑ. Фермӑсенче ӗҫлекенсем патӗнче агитаторсем пулман. Колхозра ӗҫ дисциплини хавшанӑ.

Ҫак колхоз ӗҫӗсене КПСС райкомӗ тӗплӗн пӑхса тухрӗ. Колхозри парторганизацин обществӑлла выльӑх-чӗрлӗхе хӗл каҫарас ӗҫе мӗнле ертсе пыни ҫинчен КПСС райкомӗн бюровӗнче сӳтсе яврӑмӑр. Бюро выльӑх-чӗрлӗх пӑхас ӗҫри ҫитменлӗхсене пӗтермелли майсене кӑтартса пачӗ. Ку колхозра КПСС райкомӗн МТС енӗпе ӗҫлекен секретарӗ Бондарев юлташ чылай вӑхӑт хушши пулчӗ, райком бюровӗн решенине пурнӑҫлама пулӑшрӗ. Фермӑсенчи работниксемпе ӗҫлеме опытлӑ агитаторсене ҫирӗплетнӗ, массӑлла-политикӑлла ӗҫе вӑйлатнӑ. Халӗ колхозра выльӑх-чӗрлӗхе пӑхасси лайӑхланчӗ.

Массӑлла-политикӑлла ӗҫе вӑйлатмалла, мӗнпур колхозниксене ҫуракине лайӑх хатӗрленсе ҫитме, выльӑх-чӗрлӗхе ӑнӑҫлӑ хӗл каҫарма мобилизацилемелле,—ҫав тӗллевпе пулса пырать халӗ агитколлективсен ӗҫӗ.

Ҫавӑн пекех пропаганда ӗҫне те пурнӑҫпа, коммунизм строительствин практикипе таччӑн ҫыхӑнтарса туса пыни кирлӗ. Кӑҫал пирӗн районта парти вӗренӗвӗн системинче 47 кружок ӗҫлет, вӑл шутра политикӑлла экономика вӗренмелли кружоксем—8. Харпӑр хӑй тӗллӗн вӗренекенсем 150 ҫын.

Анчах нумай кружоксенче вӗренӳ пурнӑҫран уйрӑм пулса пынӑ. Халӗ ӗнтӗ пропагандистсем ҫав ҫитменлӗхе пӗтерме тӑрӑшаҫҫӗ. Тӗслӗхшӗн «Знамя труда» колхозри парторганизаци ҫумӗнчи кружока илсе пӑхӑпӑр. Кунта парти историне вӗренмелли кружок иккӗмӗш ҫул ӗҫлет, ӑна И. Федотов юлташ ертсе пырать. Ҫак кунсенче кружокра «КПСС историйӗн кӗске курсӗн» вуннӑмӗш сыпӑкне вӗренчӗҫ. Ку сыпӑка вӗреннӗ чухне пропагандист, В. И. Ленинӑн кооперации планӗ ҫинче тӗплӗн чарӑнса тӑрса, ҫак плана пурнӑҫа кӗртни пирӗн ҫӗршывра социализмлӑ общество туса хума май панине ӑнлантарса пачӗ.

Кружок занятийӗсенче пулакан калаҫусене колхоз пурнӑҫӗнчен илнӗ фактсемпе пуянлатма, колхоз ӗҫченӗсем умӗнче тӑракан задачӑсемпе ҫыхӑнтарса ӑнлантарса пама тӑрӑшаҫҫӗ.

Колхозри коммунистсемпе партире тӑман активистсем хӑйсен пӗлӗвӗсемпе ӗҫре усӑ кураҫҫӗ. Акӑ, сӑмахран, ӗне фермин заведующине Т. Лазарева юлташа илер. Коммунистка Лазарева юлташ хӑйӗн политикӑлла пӗлӗвне, тавракурӑмне тӑтӑшах ӳстерет. Ҫавна май унӑн ӗҫӗ ӑнӑҫлӑ пулса пырать. 1955 ҫулта сӑвакан кашни ӗнерен вӑтам шутпа 1.500 литр, уйрӑм дояркӑсем 1.600—1.700 литр таран сӗт суса илнӗ. Кӑҫал сӑвакан кашни ӗнерен 1.650 литртан кая мар сӗт суса илме обязательство йышӑннӑ. Ҫак сӑмаха пурнӑҫлассишӗн фермӑра ӗҫлекенсем пӗтӗм вӑйпа тӑрӑшаҫҫӗ. Лазарева юлташ дояркӑсем хушшинче час-часах калаҫусем иртерет. Фермӑра хӗрлӗ кӗтес тунӑ. Унта хаҫат-журналсем ҫителӗклӗ.

«Знамя труда» колхоз председателӗ Г. Мешков, парторганизаци секретарӗ М. Яшков, уй-хир бригадин бригадирӗ А. Вычков юлташсем те хӑйсен политикӑлла пӗлӗвне ӳстерсе, ӗҫре тӗл пулакан йывӑрлӑхсене ҫӗнтерсе пыраҫҫӗ. Вӗсем хуҫалӑхӑн пур отраслӗсене те вӑйлӑн аталантарма мӗнпур вӑйсемпе майсене мобилизацилеҫҫӗ. Колхоз членӗсем хӑйсен колхозне кӑҫал миллионер колхоз тума задача лартрӗҫ. Халӗ ҫитес ҫуракине хатӗрлесси хӗрӳллӗн пырать. Уй-хире 2 пин тонна ытла тислӗк кӑларнӑ, 150 тонна минераллӑ удобрени кӳрсе килнӗ. Вӑрлӑх ҫителӗклӗ хатӗрленӗ.

КПСС райкомӗ партипе совет активӗн политикӑлла вӗренӗвне йӗркелес тӗлӗшпе те ытларах ӗҫлеме тытӑнчӗ. Актив валли политикӑлла экономика вӗренмелли семинар организациленӗ. Унта 41 ҫын вӗренет. Тӗрӗссипе каласан, ку семинар пирӗн иккӗмӗш ҫул ӗҫлет ӗнтӗ. Занятисем кашни эрнере тунтикун пулса иртеҫҫӗ. Пӗр-пӗр темӑна вӗреннӗ хыҫҫӑн калаҫусем иртеретпӗр. Вӗренекенсем пурте пекех калаҫӑва активлӑ хутшӑнаҫҫӗ.

Лекцилле пропаганда—идеологилле ӗҫӗн паха участокӗ. Пирӗн районта 15 лектор шутланать. Иртнӗ ҫулхи декабрь уйӑхӗнче Чурачӑкри лекторсен ушкӑнӗн ӗҫӗсем ҫинчен парти райкомӗн бюровӗнче сӳтсе явнӑ. Ҫак ушкӑнӑн руководителӗ Грибов юлташ ӗҫе кирлӗ пек ертсе пыман. Райком бюровӗ лекторсен ушкӑнӗн ӗҫне лайӑхлатма решени йышӑнса, вырӑнта пулӑшу пама хӑйӗн работникне ячӗ.

Ялсенче лайӑх ӗҫлекен лекторсен ушкӑнӗсем пур. Хыркассинчи лекторсен ушкӑнне илер (руководителӗ М. Чернов юлташ). Ку ушкӑнра ялти учительсем, ялхуҫалӑх специалисчӗсем, медицина работникӗсем тата ялти актив—пурӗ 17 ҫын. 1955 ҫулта вӗсем 100 ытла лекцисемпе докладсем иртернӗ. Уйрӑмах М. Федотова, О. Михайлова, А. Олангаева, Ю. Дашкова, М. Дмитриева, З. Петрова, И. Григорьев лекторсем лайӑх ӗҫленине палӑртмалла. Вӗсем «Коминтерн», Сталин ячӗпе, Ленин ячӗпе тата Маленков ячӗпе тӑракан колхозсенче час-часах лекцисемпе докладсем иртереҫҫӗ. Лекторсен ушкӑнӗ хӑйӗн ӗҫне план тӑрӑх туса пырать. Плана малтан пӗрле сӳтсе явса тӑваҫҫӗ. Ҫавӑн пекех лекцисемпе докладсене лекторсем пӗрле сӳтсе яваҫҫӗ.

И. Григорьев лектор Сталин ячӗпе тӑракан колхозра «Тӗнче пуҫланса кайни», «Аслати тата ҫиҫӗм», «Атом энергийӗпе мирлӗ ӗҫре усӑ курасси» темӑсем тӑрӑх вуланӑ лекцисене колхоз членӗсем пысӑк тимлӗхпе итлерӗҫ. Ҫак кунсенче лекторсен ушкӑнӗ «Тӗнче пуҫланса кайни» тема тӑрӑх ыйтусемпе ответсен каҫӗ иртерчӗ, «Инди тӑрӑх» ятлӑ кинолекци пулчӗ.

Сталин ячӗпе тӑракан тата «Коминтерн» колхозсем организаципе хуҫалӑх тӗлӗшӗнчен тӗреклӗнсе пыраҫҫӗ. Сталин ячӗпе тӑракан колхоз хальхи вӑхӑтра ӗнесенчен сӗт суса илес тӗлӗшпе районта малта пырать, 1955 ҫулхи декабрь уйӑхӗнче сӑвакан кашни ӗнерен 164 литр сӗт суса илнӗ. Паллах, ҫак ҫитӗнӗве тума выльӑх-чӗрлӗх пӑхакансем хушшинче ӑнлантару ӗҫне лайӑх туса пыни те нумай пулӑшрӗ.

Анчах районти нумай колхозсенче обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх тухӑҫлӑхӗ питӗ ҫителӗксӗр-ха. Уйрӑмах «Герой», «Победа», Буденный ячӗпе, Чапаев ячӗпе тӑракан колхозсенче ӗнесенчен сӗт сахал суса илеҫҫӗ. Сӑмахран, Буденный ячӗпе тӑракан колхозра (председателӗ Х. Васильев юлташ, парторганизаци секретарӗ В. Михайлов юлташ) 1955 ҫулхи декабрь уйӑхӗнче сӑвакан кашни ӗнерен 10 литртан та сахалтарах сӗт суса илнӗ. Ҫакӑ ӗнтӗ колхоз правленийӗпе парторганизаци выльӑх-чӗрлӗх тухӑҫлӑхне хӑпартассишӗн ҫине тӑрса кӗрешменни ҫинчен калать.

Районти колхоз ӗҫченӗсемпе механизаторсем, Муркаш районӗнчи колхозниксемпе социализмла ӑмӑртӑва тухса, ялхуҫалӑхӗн мӗнпур отраслӗсене малалла аталантарас тӗлӗшпе конкретлӑ обязательствӑсем илчӗҫ.

Кӑҫал районӗпе вӑтам шутпа кашни гектартан тӗштырӑ 12 центнертан кая мар, кӗрхи тырӑсем 13 центнертан кая мар туса илмелле, икӗ пин гектар кукуруза акса ӳстермелле; сӑвакан кашни ӗнерен 1.350 литртан кая мар, кашни 100 гектар ҫӗр пуҫне—60 центнер сӗт суса илмелле тата кашни 100 гектар ҫӗр пуҫне 16 центнер таран сысна ашӗ илмелле.

Йышӑннӑ обязательствӑсене пурнӑҫлама районти мӗнпур ӗҫсыннисене кӗрешӳ ҫӗклемелле. Пуҫламӑш парторганизацисен агитаторсемпе пропагандистсене куллен ертсе пырса, массӑлла-политикӑлла ӗҫе вӑйлатмалла,—вара эпир ялхуҫалӑхне вӑйлатас, колхозниксен пурнӑҫне малалла лайӑхлатас задачӑна пурнӑҫлӑпӑр.

Ҫак кунсенче улттӑмӗш пилӗк ҫуллӑх план тума КПСС XX-мӗш съезчӗ паракан Директивӑсен проекчӗ пичетленсе тухрӗ. Ӑна ӗҫсыннисем пысӑк хаваслӑхпа кӗтсе илчӗҫ. Районти пӗтӗм актив, пропагандистсемпе агитаторсем директивӑсене халӑха ӑнлантарса парас тӗлӗшпе тӑрӑшса ӗҫлеҫҫӗ.

В. ДМИТРИЕВ.
КПСС Ишлей райкомӗн секретарӗ.

# Ҫуракине пур енчен те тӗплӗн хатӗрленетпӗр

Пирӗн колхоз ӗҫченӗсем иртнӗ ялхуҫалӑх ҫулӗн итогӗсене пӑхса тухаҫҫӗ. Султалӑк хушшинче тунӑ ҫитӗнӳсемшӗн тивӗҫлипе савӑнаҫҫӗ вӗсем. Пӗлтӗр колхоза уй-хирте те, фермӑсенче те паллӑ ӳсӗмсем турӗ.

Малашлӑх планпа 1955 ҫулта кашни гектартан 13,5 центнер тырпул туса илме палӑртнӑччӗ. Эпир 16,79 центнер туса илтӗмӗр, е 1958 ҫул валли палӑртнӑ шая ҫитрӗмӗр. Уйрӑм бригадӑсем тата вӑйлӑрах тырпул пухса кӗртрӗҫ. Пирӗн колхоза тата виҫӗ бригадӑна Пӗтӗм Союзри ялхуҫалӑх выставкин участникӗсем пулма кандидата тӑратрӗҫ.

Иртнӗ ҫулта эпир пӗрремӗш хут 55 гектар ҫинче кукуруза акса турӑмӑр. Кукӳруза пирӗн уй-хирте пысӑк тухӑҫлӑ пулчӗ—кашни гектартан 600-шер центнер симӗс масса туса илтӗмӗр. 15 гектар ҫинчи кукурузӑна ҫуллахи вӑхӑтра ҫулса ӗнесене тӑрантартӑмӑр, ыттинчен силос хыврӑмӑр. Обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх валли 600 тонна кукуруза силосӗ хыврӑмӑр.

Пӗлтӗрхи ӳсӗмсем колхозниксене кӑҫал тата хастарлӑрах ӗҫлеме хавхалантараҫҫӗ. Артель членӗсем кӑҫал кашни гектартан 17 центнертан кая мар тӗштырӑ туса илме сӑмах пачӗҫ. Пирӗн колхозниксем, партин XX-мӗш съездӗ ячӗпе сарӑлнӑ ӑмӑртӑва хутшӑнса, съезд уҫӑлнӑ кун тӗлне ҫуракине пур енӗпе те хатӗрленсе ҫитессишӗн кӗрешеҫҫӗ.

Мӗн акатӑн—ҫавӑ шӑтать, тенӗ ваттисем. Апла пулсан, акма лайӑх вӑрлӑх хатӗрлемелле. Артель вӑрлӑх фондне ҫителӗклӗ хывнӑ.

Малта пыракансен опытне шута илсе, ҫитес ҫуракинче нормӑпа ӳстерсе акатпӑр. Сӑмахран, тулӑ акмалли норма гектар пуҫне 2,4 центнер, пӑрҫа вӑрлӑхӗн норми—2,1 центнер пулать. Акас умӗн вӑрлӑхсене чӳхеме имҫамсем ҫителӗклӗ туянса хунӑ.

Ҫӗре удобренисемпе пуянлатни—тырпул тухӑҫлӑхне ӳстермелли чи кирлӗ май. Эпир вырӑнти удобренисемпе пӗрлех, минераллӑ удобренисемпе анлӑн усӑ куратпӑр. Кӑҫал 600 тонна минераллӑ удобрени туянса хунӑ, унӑн пӗр пайне Канаш станцинчен колхоза кӳрсе килнӗ. Халӗ, ҫул уҫӑлнӑ хыҫҫӑн, удобренисене автомашинӑсемпе турттарма тытӑнтӑмӑр.

Планпа кӑҫал 5.700 тонна тислӗк хатӗрлеме палӑртнӑ. Фермӑсенчен кашни кун 18 центнертан кая мар тислӗк кӑларса тӑраҫҫӗ. Ҫӗнӗ ҫул тӗлне 4.500 тонна тислӗк турттарса компост тунӑ. Унсӑр пуҫне 105 центнер кӗл, 80 центнер кайӑк-кӗшӗк тислӗкӗ пухнӑ. Кӑҫал кашни гектар ҫине 20 тоннӑран кая мар удобренисем кӑларатпӑр. Удобренисен пысӑкрах пайӗ кукуруза, кантӑр тата ҫӗрулми пуссисене ҫемҫетме каять.

Ку хӗлте юр тытма лайӑх майсем пулчӗҫ. Хирте юр сийӗ ахалех хулӑн пулин те, пурӗ 900 гектар ҫинче юр тытса хӑвартӑмӑр. Ыраш акнӑ пусӑсенче икӗ хутчен юр тытрӑмӑр. Ку тӗлӗшпе уйрӑмах виҫҫӗмӗш бригада членӗсем активлӑ ӗҫленине палӑртмалла.

Суркунне 675 гектар ҫинче ялхуҫалӑх культурисем акмалла. Ҫав ӗҫсен 80 процентне МТС-ӑн П. Шомякин юлташ ертсе пыракан бригади туса пырать. Бригада тракторсемпе ялхуҫалӑх машинисене юсаса ҫитернӗ. Ҫуракине ӑнӑҫлӑ ирттерме артель хӑйӗн вӑйӗсепе те хатӗрлет. И. Кузнецов, А. Артемьев тата Н. Акчурин тимӗрҫӗсем сеялкӑсемпе плугсене юсаҫҫӗ. Кӑҫал, апат ҫителӗклӗ пулнӑ май, лашасем мӑнтӑр, ут таврашӗсем те юсавлӑ. Лашасемпе хире тислӗк кӑларнӑ ҫӗрте, суркунне—акнӑ, сӳреленӗ ҫӗрте усӑ куратпӑр.

Вӑйлӑ тырпул туса илес ӗҫре колхозниксен агротехникӑлла пӗлӗвне ӳстерсе пыни пысӑк вырӑн йышӑнать. Виҫӗ ҫуллӑх агротехника курсӗнче 34 ҫын вӗренет, ӑна Т. Чернова агроном ертсе пырать. Пирӗн колхозниксем республикӑра малта пыракан Вӑрнар районӗнчи Сталин ячӗпе тӑракан, Елчӗк районӗнчи Ворошилов ячӗпе тӑракан, Чкаловски районӗнчи «Гвардеец» тата ытти колхозсен паха опычӗсене тӑрӑшса вӗренеҫҫӗ.

Кукуруза лаптӑкне кӑҫал пӗлтӗрхинчен икӗ хут ытла ӳстеретпӗр. Кукуруза акмалли пусӑсене кӗркунех палӑртса хунӑ, 28—30 сантиметр тарӑнӑш кӗрхи сӗртме туса хӑварнӑ. Кашни уй-хир бригадинчен кукуруза туса илес енӗпе ӗҫлекен виҫшер звено организациленӗ. Звеносем кӑҫал гектартан 650-шар центнер симӗс масса туса илме, 5 гектар ҫинчен вӑрлӑх хатӗрлеме обязательствӑ йышӑннӑ.

КПСС Центральнӑй Комитечӗн январьти Пленумӗ: тӗштырӑсен тухӑҫлӑхне ӳстерни—выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетмелли тӗп условиӗ, тесе кӑтартса пачӗ. Пирӗн колхоз 1955 ҫулта, 1954 ҫулхинчен икӗ хут нумайрах тырпул туса илчӗ. Обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх валли фураж ҫителӗклӗ уйӑртӑмӑр. Иртнӗ хуҫалӑх ҫулӗнче кашни 100 гектар ҫӗр пуҫне 74 центнер сӗт, 39,9 центнер аш-какай туса илтӗмӗр. Пирӗн дояркӑсем кӑҫал кашни ӗнерен 2 пин литр сӗт суса илессишӗн кӗрешеҫҫӗ. Ҫӗнӗ ҫулӑн малтанхи виҫӗ уйӑхӗнче, пӗлтӗрхи ҫав вӑхӑтрипе танлаштарсан, кашни ӗнерен 165-шер килограмм ытларах сӗт суса илнӗ. Сысна самӑртас ӗҫ те ӑнӑҫлӑ пырать. Пӗлтӗр 290 пуҫ самӑртса государствӑна панӑ, халӗ татах 173 пуҫ самӑртма тӑратнӑ.

Кӑҫалхи хуҫалӑх ҫулӗнче выльӑх-чӗрлӗх йышӗпе тухӑҫлӑхӗ, паллах, тата чылай ӳсмелле. Ҫак задачӑна ӑнӑҫлӑ татса парасси, выльӑх апачӗ ҫителӗклӗ хатӗрленипе пӗрлех, тӗштырӑ нумай туса илнинчен килет. Кӑҫалхи ҫуракине лайӑх хатӗрленсе ирттерни уй-хирте те, фермӑсенче те ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тума, колхозниксен пурнӑҫне малалла лайӑхлатса пыма пулӑшӗ.

**П. ЯКОВЛЕВ.**
Комсомольски районӗнчи «Красная звезда» колхоз председателӗ.

## Сыснасене япӑх пӑхаҫҫӗ

Выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫре малта пыракансен опычӗ кӑтартнӑ тӑрӑх, сысна ӗрчетни артель тупӑшне ӳстермелли паллӑ майсенчен пӗри пулать. Октябрьски районӗнчи Молотов ячӗпе тӑракан колхозра вара ҫакна шута илмеҫҫӗ. Иртнӗ уйӑх хушшинче кунта сыснасене кирлӗ пек пӑхса ӳстерменнипе пула 4 ама, 6 ҫура начарланса вилнӗ.

Фермӑри ӗҫсемпе паллашсан, фермӑри ҫухатусем пӗтӗмӗшпех колхоз руководителӗсен, чи малтанах колхоз председателӗ Терентьев юлташӑн айӑпӗпе пулса пыраҫҫӗ. Унӑн ӗҫри ҫаврӑнӑҫусӑрлӑхне пула кӑҫал колхозра сыснасене хӗлле усрама япӑх хатӗрленнӗ. Ҫӗнӗрен тума тытӑннӑ витепе кормокухня ҫуртне туса пӗтермен. Апат хатӗрлессине ҫӑмӑллатма пулӑшакан оборудованисене ӗҫе яман. Халӗ сыснасене усракан витере тулти пекех сивӗ. Кивӗ кормокухньӑра кирлӗ чухлӗ апат пӗҫерсе хатӗрлеме май ҫук. Ҫавӑнпа та сыснасене талӑкне икӗ хутчен ҫеҫ апат параҫҫӗ. Ӑна та пулин чун усрамалӑх ҫуршар витре кӑна парса тӑраҫҫӗ. Фермӑра ӗҫлекенсен ӗҫ условийӗ йывӑр. Кухньӑран 150 метрта ларакан витене витресемпе апат ӗҫкленипех кун иртсе каять. Ҫитменнине кӗрсе ӑшӑнма та ҫурт ҫук.

Ферма заведующийӗ А. Белебенцев юлташ хӑйӗн ответлӑхне туймасть. Вӑл фермӑна сахал пырать, ӗҫкӗ-ҫикӗшӗн ытларах ҫунать. Сыснасене уйрӑм свинарьсем ҫумне ҫирӗплетсе паман, фуражлӑх ҫыртарса илекен посыпкӑна вӑхӑтра илсе памаҫҫӗ. Белебенцев юлташ сыснасен шутне те пӗлмест.

Колхозра сысна ферминчи ӗҫсене йӗркелесе яма май пур. Ҫӗнӗ кормокухньӑна ӗҫе яма мачча тӑррине тӑпра хӑпартмалли, кантӑксене лартмалли ҫеҫ юлнӑ. Ҫак ӗҫсене 4—5 кун хушшинче туса пӗтерме пулать. Витери температурӑна пӗр пек тытма сайхалӑх ҫине улӑм хӑпартса хумалла, шӑтӑксене питӗрмелле. Кун пирки Терентьевпа колхозри парторганизаци секретарьне И. Иванова тата Белебенцев юлташсене районти ертсе пыракан работниксем темиҫе хутчен те каланӑ. Анчах вӗсем хӑлхана та чикмеҫҫӗ, ферма ҫине ҫав-ҫавах чунсӑррӑн пӑхаҫҫӗ.

КПСС райкомӗпе райсовет исполкомӗн асӑннӑ юлташсене йӗркене кӗртмеллех, колхоз фермине татах юхӑнтарма памалла мар.

**В. ТРОФИМОВ.**

## Вӑтӑр пӗр ҫул хушши пӗр шкулта

МУРКАШ. Вера Кирилловна Голубева Пӑсӑрмапти пуҫламӑш шкулта заведующи пулса 31 ҫул хушши пӗр улшӑнмасӑр ӗҫлет. Унӑн ӗҫне чапа хурса, Совет правительстви ӑна «Хисеп палли» орденпа наградӑланӑ.

Вера Кирилловна хӑйӗн классӗнчен ҫӗршер ҫынна вӗрентсе кӑларнӑ. Вӗсенчен нумайӑшӗ ялхуҫалӑхпе промышленноҫра ӗҫлеҫҫӗ, Совет ҫарӗнче те, аслӑ шкулсенче те сахал мар вӗренеҫҫӗ. Ватӑ учительница вӗсенчен кӑҫал та ҫӗнӗ ҫул ячӗпе саламласа ҫырнӑ ҫырусемпе телеграммӑсем нумай илчӗ.

В. Голубева юлташ кӑҫалхи вӗренӳ ҫулӗнче те ӑнӑҫлӑ ӗҫлет.

## *Харпӑр хӑй валли ҫуртсем лартма*

КАНАШ. (Хамӑр корр.). Хулара обществӑлла ҫурт-йӗрсемпе пурӑнмалли ҫуртсем тӑвасси анлӑн сарӑлчӗ. 1954 ҫулта госбанк уйрӑмӗ урлӑ харпӑр хӑй валли ҫурт лартакансене 500 пин тенкӗ панӑ пулсан, иртнӗ ҫул—520 пин тенкӗ панӑ. Икӗ ҫул хушшинче кӑна государство кивҫен парса пулӑшнипе 130 ҫын ытла хӑйсем валли пӳрт-ҫуртсем туса лартнӑ.

Ҫав вӑхӑт хушшинче уйрӑм ҫынсене хӑйсен ҫурт-йӗрне юсама 152 пин тенкӗ парса пулӑшнӑ.

# Чурачӑксен юлса пыма сӑлтав ҫук

Ҫак кунсенче Чурачӑкра выльӑх-чӗрлӗх пӑхакансен, колхоз председателӗсемпе пуҫламӑш парторганизаци секретарӗсен тата ялхуҫалӑх специалисчӗсен районти канашлӑвӗ пулса иртрӗ. Унта Ҫӗрпӳ районӗнчен пынӑ хӑнасем те пулчӗҫ. Канашлу 1955 ҫулхи ялхуҫалӑх ӗҫӗсен итогӗсене пӑхса тухрӗ.

Ҫӗрпӳпе Чурачӑк районӗсем юнашар. Чурачӑк районӗнчи колхозсем иртнӗ ҫулта Ҫӗрпӳ районӗнчи колхозсенчен ытларах тӗштырӑпа кукуруза туса илнӗ. Выльӑх апачӗ колхозсен сахал мар. Анчах выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем туса илес енӗпе Чурачӑк районӗ кӳршӗсенчен юлса пырать. Усӑ куракан ҫӗрсен кашни 100 гектарӗ пуҫне иртнӗ хуҫалӑх ҫулӗнче ку район 42 центнер, Ҫӗрпӳ районӗ—56 центнер сӗт илнӗ, кашни ӗнерен, Ҫӗрпӳ районӗпе танлаштарсан, 435 килограмм сахалтарах сӗт суса илнӗ. План тӑрӑх акӑнакан ҫӗрсен кашни 100 гектарӗ пуҫне 11,5 центнер сысна ашӗ илме палӑртнӑ, чӑннипе вара 5 центнер ҫеҫ илнӗ.

Йышӑннӑ обязательствӑсене пурнӑҫлама мӗн чӑрмантарать?

Выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем туса илес тӗлӗшпе Чурачӑк районӗ Ҫӗрпӳ районӗнчен кая юлса пынин тӗп сӑлтавӗ вӑл—выльӑх-чӗрлӗх пӑхакансен социализмла ӑмӑртӑвне кирлӗ пек йӗркелеменни, ӑна конкретлӑ ертсе пыманни тата организаторла ӗҫе ҫителӗклӗ туса пыманни. Чурачӑк районӗнчи руководительсем хӑйсен кӳршисен лайӑх опытне вӗренме тата унпа усӑ курма тӑрӑшмаҫҫӗ.

Чурачӑк районӗнче выльӑх-чӗрлӗх пӑхакансен ӑмӑртӑвӗ ҫинчен нумай калаҫаҫҫӗ, анчах ӑмӑртӑва оперативлӑн ертсе пымаҫҫӗ. Нумай колхозсенчи фермӑсенче массӑлла-политикӑлла ӗҫ япӑхса кайнӑ, республикӑри чи лайӑх доярка, свиновод, овцевод тата птичница ятне илме тивӗҫлӗ пулас тесен мӗнле ӳсӗмсем тумалли ҫинчен ӑнлантарса памаҫҫӗ.

Выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем туса илессине ӳстерессишӗн ырми-канми тӑрӑшакансем Чурачӑк районӗнче те пур. Сталин ячӗпе тӑракан, «Победа», «Большевик» колхозсенчи дояркӑсем юлашки виҫӗ уйӑхра кашни ӗнерен, пӗлтӗрхи ҫав вӑхӑтрипе танлаштарсан, 100—140 литр нумайрах сӗт суса илнӗ. «Слава» колхозри свиновод Андреев юлташ кашни амаран, иртнӗ ҫулта вӑтам шутпа 20,8 ҫура илнӗ, кӑҫал 22 ҫура илме сӑмах панӑ. Анчах парти райкомӗпе райисполком тата МТС дирекцийӗ малта пыракансен опытне сармаҫҫӗ. Ҫӗнӗ хуҫалӑх ҫулӗн пирвайхи виҫӗ уйӑхӗнче 22 колхозра ӗнесенчен пӗлтӗрхинчен чылай сахалтарах сӗт суса илнӗ. Ҫӗрпӳ районӗнче кашни ӗнерен январӗн 1-мӗшӗ тӗлне 253 килограмм сӗт суса илнӗ пулсан, Чурачӑк районӗнче—117 килограмм ҫеҫ.

Чылай колхозсенче выльӑх апачӗ ытлашшипех пур, анчах выльӑхсене тӑрантарма ҫитермеҫҫӗ. Калинин ячӗпе тӑракан колхоз иртнӗ ҫулта районта малта пыначчӗ, унӑн председательне Егоров юлташа сахал мар мухтанӑччӗ. Кӑҫал ку колхоз каялла чакнӑ, виҫӗ уйӑхра кашни ӗнерен пӗлтӗрхинчен 32 килограмм сахалрах сӗт суса илнӗ. «Родина» колхозра (председателӗ Васильев юлташ) хальхи вӑхӑтра виҫӗ ӗне ҫеҫ сӑваҫҫӗ, анчах вӗсене те ыраш улӑмӗпе кӑна усраҫҫӗ. Ҫавӑнпа ӗнтӗ виҫӗ ӗнерен кунне пӗр литр ҫурӑ ҫеҫ сӗт суса илеҫҫӗ.

Организаторла ӗҫ ҫук. Парти райкомӗн работникӗсем колхозсенче ӗҫ мӗнле пулса пынине тӗплӗн пӗлмеҫҫӗ, ҫавна пула колхозсене конкретлӑ пулӑшаймаҫҫӗ. «Стахановец» колхоз председателӗ Васильев юлташ канашлура ҫапла каларӗ: районти руководительсем колхоз председателӗсене вӗрентмеҫҫӗ, ӗҫе тӗрӗс организацилеме пулӑшмаҫҫӗ.

Ҫӗрпӳ районӗнчи Жданов ячӗпе тӑракан колхоз председателӗ Сергеев юлташ выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем туса илессине ӳстерес тӗлӗшпе колхоз мӗнле ӗҫлени ҫинчен каласа пачӗ, Чурачӑк районӗнчи руководительсене критикларӗ.

— Ку канашлура,—терӗ вӑл,—МТС-ӑн главнӑй зоотехникӗ Васильев юлташ выльӑх-чӗрлӗхе тӗрӗс тӑрантарма, шӑварма, лайӑх усрама кирли ҫинче чылай чарӑнса тӑчӗ, анчах хальхи вӑхӑтра колхозсенче мӗн тумалли ҫинчен шарламарӗ. Пушӑ сӑмах каланипе сӗт хушӑнмасть вӑл!

Чурачӑк районӗнчи «Молодая сила» колхоз председателӗ Степанов, «Победа» колхозри сӗт-ҫу фермин заведующийӗ Андреев, «Слава» колхозри свиновод Андреев юлташсем хӑйсен ҫитӗнӗвӗсемпе паллаштарчӗҫ.

КПСС Ҫӗрпӳ райкомӗн секретарӗ Д. Кирпичев юлташ выльӑх-чӗрлӗх пӑхакансен социализмла ӑмӑртӑвне Ҫӗрпӳ районӗнче мӗнле организациленӗ ҫинчен тӗплӗн каласа пачӗ.

Канашлура пулнисем, Ҫӗрпӳ районӗнчи колхозниксен чӗнӗвне ырласа, кашни ӗнерен 1.510 килограмран кая мар, усӑ куракан ҫӗрсен кашни 100 гектарӗ пуҫне 62 центнертан кая мар сӗт илме, выльӑх апачӗ ытларах хатӗрлес тӗллевпе кӑҫал 3.300 гектар кукуруза акма йышӑнчӗҫ.

**Н. ВОЛКОВ.**

## *Рӗдакцие килнӗ ҫырусем*

### Ӗҫ ҫине тӗрӗс пӑхмаҫҫӗ

Пирӗн республикӑран ҫулленех чылай ҫынсем организованнӑй йӗркепе промышленность предприятийӗсене ӗҫлеме каяҫҫӗ. Правительство йышӑннӑ тӑрӑх, Ҫӗрпӳ районӗнчен «Костромалес» вӑрман комбинатне ӗҫлеме ямалла. Рабочисене йӗркеллӗ пухмалла пултӑр тесе, райсовет исполкомӗ кашни колхозран миҫе ҫын яма пултарассине палӑртса хучӗ.

«Костромалес» комбинатӗнче Ҫӗрпӳ районӗнчен ӗҫлекенсем сахал мар. Ленин ячӗпе тӑракан колхоз членӗ С. Григорьев иртнӗ ҫул ҫав комбинатра лайӑх ӗҫлерӗ. Вӑл уйӑхра 800—1.200 тенкӗ таран ӗҫлесе илнӗ. Унтан таврӑнсан вӑл колхозри ӗҫсене активлӑ хутшӑннӑ. Кӑҫал Григорьев юлташ каллех унта кайма договор турӗ. Маленков ячӗпе тӑракан, «Сталинцы» колхозсенчен договор туса кайнӑ А. Алексеев, Н. Андреев, Г. Степанов тата ытти колхозниксем те ҫав комбинатра лайӑх условисенче пурӑнни, тухӑҫлӑ ӗҫлени, пысӑк ӗҫ укҫи илни ҫинчен ҫырса пӗлтереҫҫӗ.

Чылай колхоз председателӗсем, вӑрман промышленноҫне рабочисем ярас ӗҫе тивӗҫлипе хакласа, оргнабор органӗсемпе ӗҫ договорӗсем тума пулӑшрӗҫ. Анчах хӑшпӗр руководительсем ҫак кирлӗ ӗҫ ҫине тӗрӗс мар пӑхаҫҫӗ, вӑрман промышленноҫне кайма шутлакансене тӗрлӗ сӑлтавсемпе чарса тӑраҫҫӗ. Уйрӑмах Калинин ячӗпе тӑракан, «Дружба», «Богатырь» тата хӑшпӗр колхозсен правленийӗсем рабочисене организованнӑй йӗркепе пухакансене пулӑшмарӗҫ, райсовет исполкомӗн кӑтартӑвне шута илмерӗҫ.

Уйрӑм работниксем, ку ӗҫе куҫран сирсе ярас тесе, тӗрӗс мар ҫул ҫине тӑраҫҫӗ. Сталин ячӗпе тӑракан колхоз председателӗ В. Орлов юлташ пӗррехинче Канашра тӗмӗнле ҫынсемпе тӗл пулнӑ. Ҫав ҫынсем ӑна «эпир «Костромалес» комбината каятпӑр, хӑвӑр колхозниксен ячӗпе договор тума ирӗк парӑр», тенӗ. Орлов юлташ, вӗсем камсем пулнине пӗлмесӗрех, вӗсене Сталин ячӗпе тӑракан колхоз членӗсен ячӗпе договор тутарнӑ. Ку ҫынсем вӑрман комбинатне кайман, каймаҫҫӗ те. Вӗсем ултавлӑ договорсем туса колхоза, государствӑна пысӑк сиен кӳреҫҫӗ. Орлов юлташ, райисполком кӑтартӑвне пурнӑҫлатӑп тесе, колхозӑн нумай пин тенкӗлӗх пурлӑхне салатнӑ, анчах ку колхозран «Костромалес» комбинатне пӗр ҫын та яман. Ҫавӑн пекех «Новая жизнь» колхоз председателӗ А. Павлов юлташ та, хӑйсен артелӗн членӗсен ячӗпе палламан ҫынсене договор тума ирӗк парса, пысӑк йӑнӑш тунӑ.

**Л. ГАЛЬПЕРИН.**

### Вӑрман хатӗрлекенсен нушисем

Етӗрне вӑрманпромхоҫӗн Вишенер вӑрман пунктӗнчи рабочисем Тӑван ҫӗршыв валли йывӑҫ ытларах хатӗрлесе парасшӗн вӑя шеллемесӗр ӗҫлеҫҫӗ. Анчах вӑрман пункчӗн руководителӗсемпе мастерсем рабочисемшӗн тӑрӑшмаҫҫӗ, тухӑҫлӑ ӗҫлеме, лайӑх пурӑнма паха майсем туса памаҫҫӗ.

Эпир, электропӑчкӑпа йывӑҫ касса хатӗрлекенсем, мотор йӗркеллӗ ӗҫлесен, сӑнчӑрсем лайӑх кассан, ӗҫ нормине кулленех ирттерсе тултарма пултаратпӑр. Электростанци аван ӗҫлет, анчах механик помощникӗ сӑнчӑрсене ҫивӗчлетме пӗлменни тата вӑл кунӗпех кӑмака хутса хӑйӗн вӑхӑтне ирттерни пире тӑтӑшах тарӑхтарать. Кунта ӗҫ нормине кам мӗн чухлӗ тултарнине пӗлме хӗн, кӑтарту хӑми туман.

Сывӑхра общежитисем ҫук пирки пирӗн кулленех ҫичӗ километр ҫурран утма тивет. Прокопьев бухгалтер пире ҫурран ҫӳренӗшӗн виҫӗ километршӑн ҫеҫ укҫа тӳлет. Рабочисене хӑйсенчен килмен сӑлтавсем пирки ӗҫсӗр тӑнӑшӑн пачах тӳлемеҫҫӗ. Ӗҫленӗ вырӑнта шыв вӗретмелли савӑт-сапа ҫуккипе хӑшпӗр рабочисем юр ирӗлтерсе ӗҫҫӗҫ. Коллективлӑ договор тӑрӑх памалли спецовкӑсене вӑхӑтра памаҫҫӗ.

Столовӑйра сивӗ. Кунта час-часах апатсен хакне пӗлтерекен меню пулмасть. Лавкка тӑтӑшах хупӑ тӑрать. Рабочисем валли апат-ҫимӗҫ продукчӗсем сахал кӳрсе килеҫҫӗ, кӗрпе, макарон сайра хутра ҫеҫ сутаҫҫӗ. Ҫӗмӗрле вӑрманпромхоҫӗ суҫӗнчи ОРС начальникӗ Триковский юлташ пирӗн патӑрти столовӑйпа лавкка ӗҫӗпе интересленмест, пирӗн ыйтусене тивӗҫтерме тӑрӑшмасть.

**Н. КАССИРОВ.**
Электропӑчкӑпа йывӑҫ касса хатӗрлекен.

### Мастерской заведующийӗсене вӗрентмелле

1953 ҫул вӗҫӗнче парти чӗннипе промышленность предприятийӗсенчи чылай специалистсем ялхуҫалӑхӗнче ӗҫлеме куҫрӗҫ. Ун чухне Шупашкарта пирӗнпе, МТС-сенчи мастерской заведующийӗсемпе, вунӑ кунлӑх семинар ирттернӗччӗ. Вӑл семинарта пире ялхуҫалӑх производствин тӗп ыйтӑвӗсемпе тата ялхуҫалӑх машинисемпе паллаштарнӑччӗ.

Унтанпа икӗ ҫул иртрӗ. Ҫав вӑхӑтра эпир МТС-ри производствӑна организацилес, тракторсемпе ялхуҫалӑх машинисене юсас тӗлӗшпе практикӑлла опыт туянтӑмӑр. МТС-ӑн машина паркне юсасси ҫӑмӑл ӗҫ мар, ӑна чылай ҫӗрте тӗрлӗрен меслетпе организациленӗ. Тракторсем юсассипе пӗлтӗр пирӗн МТС малта пыратчӗ, кӑҫал ҫак ӗҫре Чкаловски МТС-ӗнчи механизаторсем мала тухрӗҫ.

Ҫавӑнпа та ӗнтӗ, малта пыракансен опычӗпе паллашас тӗллевпе, МТМ заведующийӗсен семинарне ирттерме сӗнесшӗн. Унта мастерскойри ӗҫе организацилес, кивӗ детальсене юсас меслетсене вӗренмелле пултӑр.

Чӑваш АССР Ялхуҫалӑх министерствин руководителӗсем хӑй вӑхӑтӗнче ҫавӑн пек семинарсем ирттересси пирки калаҫатчӗҫ. Юлашки вӑхӑтра шарлама пӑрахрӗҫ, семинар ҫинчен манса кайрӗҫ пулмалла.

**А. ИВОНИН.**
Комсомольски МТС мастерскойӗн заведующийӗ.

### Татах ӗҫкунӗсене шута илесси пирки

Ҫӗрпӳ районӗнчи «Коммунизм» колхозра иртнӗ ялхуҫалӑх ҫулӗнче ӗҫкунӗсене йӗркеллӗ шута илсе пыман. Ӗҫшӗн тӳлемелли нормӑна колхозниксен пухӑвӗнче тырӑ вырма тухас умӗн ҫеҫ пӑхса тухса ҫирӗплетнӗ. Ӗҫ кӗнекисене ҫулталӑк тӑршшӗнех колхозниксен аллине паман, правленинче ӗҫкунӗсене шутласа ҫыракан ведомость пулман. Ҫавна пула бригадирсем ӗҫкунӗсене ҫырмасӑр хӑварни е ытлашши панисем те пулнӑ. Сӑмахран, К. Егоров бригадир Е. Иванова колхозницӑпа 16 ӗҫкунӗ ҫырса паман. Ӗҫкунӗсене вӑхӑтра тата тӗрӗс шута илмен пирки колхозра дисциплина япӑх.

«Коммунизм» колхоз руководителӗсен кӑҫал ҫак ҫитменлӗхе тӳрлетмелле, колхозниксен ӗҫне тӗрӗс шута илмелле, ӗҫкунӗсене вӑхӑтра лартса памалла.

**М. ИВАНОВ.**

# Итали халӑхӗн интересӗсемшӗн кӗрешекен парти

1956 ҫулхи январӗн 21-мӗшӗнче Италири коммунистсен партине туса хунӑранпа 35 ҫул тултарать. Ҫак вӑхӑтра вӑл, Италири рабочи класа ертсе пырса, йывӑр та чаплӑ кӗрешӳ ҫулӗпе пычӗ. Италири коммунистсен партийӗ 25 ҫул хушши фашизма хирӗҫ кӗрешнӗ, вӑл шутран 20 ҫул хушши вӑрттӑн ӗҫленӗ. Вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи вунӑ ҫул хушшинче парти Италири ӗҫҫыннисене пурнӑҫа лайӑхлатассишӗн, миршӗн, демократишӗн, социализмшӑн кӗрешес ӗҫре ертсе пырать.

Хальхи вӑхӑтра Италири коммунистсен партийӗ коммунизмшӑн кӗрешекен партисем хушшинче хисеплӗ вырӑн йышӑнса тӑрать. Вӑл Италири чи пысӑк тата халӑх хушшинче хӑйӗн влиянийӗ вӑйлӑн саракан, ҫӗнӗ сӑнарлӑ парти, «ҫирӗп пӗтӗҫнӗ, активлӑ тата боевой ӗҫлӗ вӑйӑ» (Тольятти) пулса тӑрать. Унӑн ретӗсенче 2.100 пин член шутланать. Италири ҫамрӑксен коммунистла федерацийӗ компарти ертсе пынипе ӗҫлет, ҫак федераци 440 пин ҫынна пӗрлештерсе тӑрать.

Италире коммунистсен партийӗ тата социалистла парти тачӑ союз тытса ӗҫлесе пыраҫҫӗ. Социалистла парти ретӗнче 750 пин член шутланать. Рабочи класӑн икӗ партийӗ килӗштерсе ӗҫлени рабочи класпа мӗнпур ӗҫҫыннисен пӗрлӗхне ҫирӗплетме тата вӗсем организацилесе кӗрешессине вӑйлатса пыма май парать. Коммунистсен партийӗ тата социалистла парти пӗрле ертсе пынипе массӑлла-демократилле организацисем туса хунӑ. Ҫав организацисен шутне ҫаксем кӗреҫҫӗ: Италири пӗтӗмӗшле ӗҫ конфедерацийӗ—унта профсоюз членӗсем 4.700 пин ҫын пӗрлешсе тӑраҫҫӗ, Кооперативсен нацилле лиги—унта 3 миллион члена яхӑн, Италири хӗрарӑмсен союзӗ, Италири партизансен нацилле ассоциацийӗ тата ыттисем те.

Массӑсем хушшинче коммунистсен партийӗн влиянийӗ ӳсве пынине парламент суйлавӗн результачӗсем кӑтартаҫҫӗ. 1953 ҫулхи июньре пулса иртнӗ парламент суйлавӗнче коммунистсен партийӗн кандидачӗсемшӗн 6.120 пин суйлавҫӑ сасӑланӑ. Социалистсемпе коммунистсем 10 миллион сасӑ пухнӑ, ҫапла вара суйлава хутшӑннӑ мӗнпур суйлавҫӑсенчен 36,5 проценчӗ вӗсемшӗн сасӑланӑ. Коммунистсемпе социалистсен партийӗсем 1953 ҫулта, 1948 ҫулхи парламент суйлавӗнче пухнипе танлаштарсан, 1.800 пин сасӑ нумайрах пухнӑ.

Италири Коммунистсен партийӗ массӑсемпе ҫыхӑну тытассине сарса пырать, ӗҫҫыннисене, пусмӑр тӳсекенсене пурне те капиталистсемпе помещиксене хирӗҫ кӗрешме пӗтӗҫтерет тата мобилизацилет,—ҫакӑнтан килет вӑл вӑйлӑ пулни тата унӑн влиянийӗ ӳсве пыни. Ҫак партин никӗсне хывакансем Грамши тата Тольятти пулнӑ. Вӗсем парти ӗҫлеме пуҫланӑ ҫулсенчех сектантсемпе оппортунистсене хирӗҫ, партие рабочи класран уйӑрса ярасшӑн пулнӑ ҫынсене хирӗҫ, татӑклӑн кӗрешсе пынӑ. Тӗнчери иккӗмӗш вӑрҫӑ вӑхӑтӗнче коммунистсен партийӗ, фашизма хирӗҫ кӗрешессине организацилесе, Итали фашизмне хирӗҫ тата гитлерла захватчиксене хирӗҫ кӗрешес ӗҫре ӗҫҫыннисене ертсе пынӑ. Парти 1942—1943 ҫулсенче Италири пролетариатӑн пысӑк забастовкине ертсе пынӑ, Германи тата Итали фашизмне Совет Ҫарӗ татӑклӑн пырса ҫапнӑ хыҫҫӑн, партизансен юхӑмне сарса янӑ, ҫак кӗрешӳ гитлерла ҫарсене ҫӗмӗрсе тӑкнипе тата вӗсене Итали территорийӗнчен хӑваласа кӑларнипе вӗҫленнӗ.

Ҫӗршыва фашизма хирӗҫ кӗрешӳ вӑйлӑн ҫӗкленнӗ. Ҫав вӑхӑтра сылтӑмри партисем те, халӑх массисем хӗснипе, вӑхӑтлӑха фашизма хирӗҫ пыракан кӗрешӗве хутшӑннӑ. Ҫавна май Итали халӑхӗ ҫӗршывра революцилле улшӑнусем тӑвассишӗн кӗрешесси сарӑлса кайнӑ, рабочи класӑн организациленӗ вӑйӗсем, хулари тата ялти пролетарилле тата ҫурма пролетарилле сийӗсемпе союзлӑ пулса, ҫӗнтерӳ тума пултарнӑ.

Анчах ҫак ҫӗнтерӳ пулассине США тата Англи сирсе янӑ, вӗсем Италие оккупацилесе, унта хӑйсен ҫарӗсене 1947 ҫулччененех тытса тӑнӑ. Оккупаци влаҫӗсем тата Ватикан пулӑшнипе Италири монополистсем, банкирсем тата помещиксем ҫӗршывӑн экономикинче хӑйсен позицийӗсене сыхласа хӑварнӑ, фашистсен партийӗ вырӑнне реакцилле ҫӗнӗ парти—христианла демократсен партине туса хунӑ, вара 1947 ҫулта, коммунистсемпе социалистсене правительствӑран кӑларнӑ хыҫҫӑн, ҫав парти ҫӗршыври влаҫра тӑракан парти пулса тӑнӑ.

Анчах ҫакӑн пек йывӑр лару-тӑрура та ӗҫҫыннисен, коммунистсен партийӗ ертсе пынипе, чылай пысӑк ҫӗнтерӳсем тума пултарнӑ. Пӗтӗм халӑх сасӑлассине ирттерсе, 1946 ҫулхи июнӗн 2-мӗшӗнче монархие пӗтернӗ тата республика туса хунӑ. 1947 ҫулхи декабрӗн 22-мӗшӗнче Учредительнӑй пуху конституци йышӑннӑ, ҫав конституцие, коммунист тата социалист депутатсем сӗннипе, гражданӑсене демократилле правасемпе ирӗклӗхсем парасси, промышленноҫра, ҫӗрпе усӑ курмалли йӗркере ӗҫҫыннисемшӗн усӑллӑ реформӑсем тӑвасси тата ытти социальнӑ-экономикӑлла улшӑнусем тӑвасси ҫинчен ҫырса хунӑ. Конституцири ҫав положенисем хальхи вӑхӑтра та малта пыракан вӑйсем ҫӗршывра демократилле улшӑнусем тӑвассишӗн кӗрешмелли никӗс пулаҫҫӗ.

Италири коммунистсем миршӗн кӗрешсе пысӑк ӗҫ туса пыраҫҫӗ. Вӗсем активлӑ хутшӑннипе мир комитечӗсем 20 пин ытла туса хунӑ, вӗсем 1950 ҫулта атомлӑ хӗҫпӑшала чарса лартассишӗн тата 1952 ҫулта Мир Пакчӗ тӑвассишӗн кампани ирттерсе 16 миллион ҫынна алӑ пустарнӑ. Ҫапла Италири ӳсве ҫитнӗ ҫынсенчен ытларахӑшӗ миршӗн алӑ пуснӑ. Хальхи вӑхӑтра коммунистсен партийӗ тӗнчери лару-тӑрури йывӑрлӑха чакарассишӗн, мӗнпур халӑхсем туслӑ пурӑнмалла тата килӗштерсе ӗҫлемелле тӑвассишӗн кӗрешекенсен малти ретӗнче пырать. Коммунистсен партийӗ парламентра тата халӑх хушшинче ӗҫлесе Италин тулашри политикине Америкӑри влаҫра тӑракан ушкӑнсен политикине пӑхӑнтарас мар тесе кӗрешет. Вӑл Итали ҫар блокӗсене хутшӑнмалла мар тӑвассишӗн, ҫӗршыв политика тата экономика тӗлӗшпе никама пӑхӑнмалла мар тӑвассишӗн кӗрешет.

Италире халӑх пурнӑҫӗ пӗрмаях начарланса пырать,—ҫак ыйту питех те ҫивӗч ыйту пулса тӑрать. Халӑха кулленех кирлӗ япаласен хакӗ, хваттер укҫи тата тӗрлӗрен налогсем, вӑраххӑн пулин те, пӗрмаях ӳсве пыраҫҫӗ. Предприятисенче рабочисене ытлашши васкатса ӗҫлеттерни пирки вӗсем час-часах суранланаҫҫӗ. Ӗҫсӗр тӑрса юлнисен шучӗ 2 миллион ҫынран иртнӗ, халӗ те ӗҫҫыннисене предприятисенчен йышлӑн кӑларса яраҫҫӗ.

Ялта тара илнӗ ҫӗршӗн тӳлемелли хака ӳстереҫҫӗ. Вак арендаторсене тата сурмалла акса пурӑнакансене ҫӗр участокӗ ҫинчен хӑваласа ярассипе хӑратаҫҫӗ. Хуҫалӑхӗ пӗтнӗ вак хресченсем тата батраксем ӗҫ шыраса хуласене тарса пыраҫҫӗ, ӗҫ тупайман ҫынсем нумай пулни рабочи класс пурнӑҫне тата ытларах начарлатать. Халӑхӑн чухӑн сийӗсем ҫимелли ҫуккипе аптраҫҫӗ, медицина пулӑшӑвӗ илеймеҫҫӗ, хутла вӗренеймеҫҫӗ.

Ҫав вӑхӑтрах промышленниксен усламӗсемпе помещиксен тупӑшӗсем калама ҫук ӳсве кайнӑ. Италири влаҫра тӑракан ушкӑнсем ӗҫҫыннисен пурнӑҫне лайӑхлатма нимӗн те тумаҫҫӗ ҫеҫ мар, монополисене халӑх массисене ҫаратма пулӑшакан политика тытса пыраҫҫӗ. Ҫавна пула хуласенче, ҫавӑн пекех ялсенче те халӑх тарӑхни ӳсвех пырать.

Ҫакӑн пек условисенче коммунистсен партийӗ тата пӗрлӗхлӗ, профсоюзсем хӑватлӑ забастовка юхӑмне ертсе пыраҫҫӗ. Миллионшар рабочисем, служащисем, батраксем, ҫурмалла акса пурӑнакансем тата вак арендаторсем забастовка тӑваҫҫӗ. Ӗҫ укҫине ӳстерессишӗн, ӗҫрен кӑларса янине хирӗҫ тата ытти экономикӑлла требованисемшӗн кӗрешӳ сарӑлса кайнӑ.

Ӗҫҫыннисем кӗрешӳре тунӑ хӑшпӗр ҫитӗнӳсене монополисемпе тата помещиксем пӗтерсе хурас хӑрушлӑх яланах пулассине шута илсе, коммунистсен партийӗ реформӑсем туса ирттермелли программа кӑларса тӑратнӑ,—ҫав реформӑсене туса ирттерсен ӗҫҫыннисем кӗрешсе илнисене пӗтерсе хурассинчен сыхлама май пулать. Программӑн тӗп пункчӗсем ҫакӑн пек: монополисене демократилле контроль тӗрӗслесе тӑмалла, хими тата электричество компанийӗсене национализацилемелле, ҫӗр реформи ирттерсе, пысӑк ҫӗр хуҫисен аллинче ҫӗр 100—50 гектартан ытла хӑвармалла мар тата ытлашши юлнӑ ҫӗре сахал ҫӗрлӗ тата ҫӗрсӗр хресченсене валеҫсе памалла. Коммунистсен партийӗ ялхуҫалӑх договорӗсен системине ҫӗнӗрен пӑхса тухма, ҫав договорсене вак арендаторсемшӗн, ҫурмалла акса пурӑнакансемшӗн тата батраксемшӗн усӑллӑ тума, помещиксен хресченсене ҫӗр ҫинчен хӑваласа ямалли правине пӗтерме сӗнет.

Сулахайри партисем хыҫҫӑн пыракан ӗҫҫыннисем кӑна мар, католиксен чылай пысӑк пайӗ тата сылтӑмри партисемпе организацисен рядовой членӗсем те коммунистсен партийӗн ҫав программине ырласа йышӑнасси ӳсвех пырать. Влаҫра тӑракан христианла-демократилле партин вырӑнсенчи организацийӗсем те чылайӑшӗ монополисен прависене чакарассишӗн тата ӗҫҫыннисен пурнӑҫне лайӑхлатма мерӑсем йышӑнассишӗн тӑраҫҫӗ.

Коммунистсен партийӗн аграрнӑй программине хресченсем ырласа йышӑнаҫҫӗ. Халӑх ҫӗрӗҫӗпе пурӑнакан тӑватӑ облаҫре (Лацио, Кампанья, Сицили, Сардини облаҫӗсенче) 1953 ҫулхи парламент суйлавӗнче, 1948 ҫулти суйлаврипе танлаштарсан, коммунистсен партийӗн кандидачӗсемшӗн сасӑлакансем виҫӗ хута яхӑн нумайрах пулнӑ. Коммунистсен партийӗ ялти халӑхӑн тӗрлӗ сийӗсен интересӗсене хӳтӗлесе кӗрешни рабочи класпа хресченсен союзне ҫирӗплетме пулӑшать.

Италири коммунистсен партийӗ массӑлла ӗҫе Итали халӑхӗн пысӑкрах пайне парти политикишӗн кӗрешме ҫӗклес тӗллевпе туса пырать. Парти халӑхӑн мӗнпур сийӗсене, чи малтан халӑхӑн пысӑк йышлӑ пайне—католиксене миршӗн, демократилле ирӗклӗхсемшӗн, ӗҫҫыннисен экономикӑлла требованийӗсене пурнӑҫлассишӗн пӗрле кӗрешме чӗнет.

Коммунистсен партийӗ кашни организацие тата кашни коммуниста ӗҫҫыннисене—католиксене, социал-демократсене, монархистсене, партире тӑманнисене—массӑсен пурнӑҫне лайӑхлатассишӗн пыракан кӗрешӗве анлӑн хутшӑнтарма, вӗсемпе ҫыхӑну тытма, пӗрле кӗрешни усӑллӑрах пулни ҫинчен ӑнлантарса пама хушать.

(Вӗҫӗ 4-мӗш страницӑра).

# „Коммунизм обществи тумалли çулпа малалла каймалли план“

ПЕКИН, январĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕ Китай Халăх Республикин общественноçне питĕ интереслентерет.

«Женьминьжибао» хаçат Директивăсем çинчен ТАСС пĕлтерине пĕтĕмĕшпех пичетлесе кăларнă. ТАСС пĕлтерни хаçатра пĕр страницăна яхăн йышăннă. Пекинри «Гуанминжибао», «Бэйцзинжибао» хаçатсемпе Тяньцзиньре тухса тăракан «Дугунбао» тата «Тяньцзиньжибао» хаçатсем Директивăсен проекчĕ çинчен тĕплĕн çырса пĕлтернĕ, ССР Союзĕн улттăмĕш пилĕк çуллăх планĕ тĕлĕшпе КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне Совет Союзĕнчи ĕççыннисем мĕн тери хавхаланса кĕтсе илни çинчен пĕлтернисене пичетлесе кăларнă.

Халĕ Совет Союзĕн экономика тĕлĕшĕнчи мирлĕ ăмăртура ССР Союзĕн экономикăлла тĕп задачине—кашни çын пуçне продукци туса кăларас тĕлĕшпе чи вăйлă аталаннă капитализмла çĕршывсене хăваласа çитсе иртсе каяс задачăна историлле кĕске срокра пурнăçлама пур условисем те çителĕклĕ, тесе çыраççĕ хаçатсем.

Директивăсен проектĕнче мĕн калани çинчен Пекинри радиостанцисем, çавăн пекех Китай Халăх Республикин центральнăй радиостанцийĕпе Китайри ытти радиостанцисем тăрăх та тĕплĕн ăнлантарса панă.

---

## *Варшавăра алă пуснă договор тăрăх туса хунă Политикăлла Консультаци Комитетне пухасси çинчен*

Албани Халăх Республики, Болгари Халăх Республики, Венгри Халăх Республики, Демократиллĕ Германи Республики, Польша Халăх Республики, Румыни Халăх Республики, Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕ тата Чехословаки Республики хушшинче пĕр-пĕринпе туслă пурăнасси, тачă çыхăнса ĕçлесси тата пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен 1955 çулхи майăн 14-мĕшĕнче Варшавăра тунă договор тăрăх Политикăлла Консультаци Комитечĕ туса хунăччĕ.

Маларах асăннă договора хутшăннă государствăсем Варшавăра тунă договортан тухса тăракан ыйтусене тата пĕрле пурнăçламалли мероприятисене пăхса тухас шутпа Политикăлла Консультаци Комитечĕн ларăвне 1956 çулхи январĕн 27-мĕшĕнче Прагăра пухасси çинчен каласса таталнă.

---

## „Совет Союзĕпе суту-илӳ туни Латинла Америкăри çĕршывсене пысăк çăмăллăх панă пулĕччĕ“

**Н. А. Булганин Америкăри «Висион» журнал редакторне панă ответсем çинчен Уругвайра мĕн çыраççĕ**

МОНТЕВИДЕО, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Н. А. Булганин Америкăри «Висион» журнал редакторне панă ответсем çинчен Уругвайри хаçатсем халĕ те нумай çыраççĕ. Влаçра тăракан парти органĕ «Аксьон» хаçатпа «Хустисиа» хаçат ыйтусемпе ответсен пĕтĕм текстне тата Н. А. Булганин портречĕсене пичетлесе кăларнă. «Эль Паис» тата «Ла Маньяна» хаçатсем ятарласа çырнă статьясем пичетленĕ. Статьясенче Совет Союзĕпе çыхăнса суту-илӳ тăвассине вăйлатни пысăк вырăн йышăнса тăнине палăртнă.

«Эль Паис» хаçат Н. А. Булганин отвечĕсене «Латинла Америкăри çĕршывсемпе дипломатилле çыхăнусем тытассине йĕркелеме, çак континентри республикăсемпе çыхăнса суту-илӳ тăвассине вăйлатма, çавăн пекех техника тĕлĕшпе пулăшу пама» хатĕрленнине кăтартакан событи, тесе хаклать. Латинла Америкăри çĕршывсен «продукцине Пĕрлешӳллĕ Штатсене сутас ĕçре чăрмавсем пуррине» палăртса, «Эль Паис» хаçат çапла çырать: çавăн пек условисенче Совет Союзĕпе çыхăнса суту-илӳ туни «Латинла Америкăри çĕршывсене пысăк çăмăллăх панă пулĕччĕ».

Н. А. Булганин отвечĕсем çинчен «Ла Маньяна» хаçат «Совет Союзĕ Латинла Америка рынокĕнче» ятлă пысăк статья пичетлесе кăларнă. Статьяра Совет Союзĕ Латинла Америкăри çĕршывсемпе çыхăнса суту-илӳ тума хатĕр тăнине, çак вăхăтрах Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем «хăйсен экономика тĕлĕшĕнчи политикинче Латинла Америка нушисене нимĕн вырăнне те хуманнине» кăтартса панă.

---

## ССР СОЮЗĔПЕ ДЕМОКРАТИЛЛĔ ГЕРМАНИ РЕСПУБЛИКИ ПĔР-ПĔРИНПЕ ХИМИ ПРОМЫШЛЕННОÇĔ ЕНĔПЕ КИЛĔШТЕРСЕ ĔÇЛЕССИ ÇИНЧЕН КАЛАÇНАН ПРОТОКОЛ

БЕРЛИН, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви çапла пĕлтерет: Берлинра ССР Союзĕпе Демократиллĕ Германи Республики пĕр-пĕринпе хими промышленноçĕ енĕпе килĕштерсе ĕçлесси çинчен калакан протокол çине алă пуснă. Протокол çине СССР Хими промышленность министрĕн заместителĕ Новиков тата Демократиллĕ Германи Республикин Хими промышленность министрĕн заместителĕ статс-секретарь Винклер доктор алă пуснă.

Килĕшӳ тăвас умĕн Совет Союзĕпе Демократиллĕ Германи Республикин специалисчĕсем тата ученăйĕсем хушшинче калаçусем пулса иртнĕ.

Пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлессине вăйлатни икĕ çĕршыври ĕççыннисемшĕн усăллă пулать, хими промышленноçĕн пысăк ыйтăвĕсене татса пама, уйрăмах пĕрле тăвакан наукăлла тĕпчев ĕçĕсене пулăшать.

---

## БЕЛГРАДРА СОВЕТ ФИЛЬМĔСЕН ФЕСТИВАЛĔ УÇĂЛНА

БЕЛГРАД, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Белградра, Югослави кинотекин çуртĕнче, совет фильмĕсен фестивалĕ уçăлнă. Фестивале пуçлас умĕн Владимир Погачич режиссер сăмах тухса каланă. Унтан Совет Союзĕнче ӳкернĕ «Броненосец «Потемкин» ятлă фильм кăтартнă. Фестиваль вăхăтĕнче Совет Союзĕн 9 фильмне кăтартма палăртнă.

---

# Итали халăхĕн интересĕсемшĕн кĕрешекен парти

(Пуçламăшĕ 3-мĕш страницăра).

Италири коммунистсен партийĕ 35 çул хушшинче организацине идеологи тĕлĕшĕнчен çирĕплентĕ, массăсемпе çыхăнса тăракан, яланах ĕçлекен парти организацийĕ пулса тăчĕ. Партире çĕршывăн пур кĕтесĕсенче те ĕçлекен 57 пин ячейка шутланать. Парти активĕ—парти организацийĕсене тата массăлла организацисене ертсе пыракансем—420 пин çын шутланать, вĕсем парти вĕрентсе ӳстернĕ коммунистсем. Юлашки çулсенче коммунистсен партийĕ организациленĕ парти шкулĕсемпе курссенче 260 пин коммунист вĕреннĕ. Парти членĕсенчен çĕршер пин çын харпăр хăй тĕллĕн вĕренет. Коммунистсен партийĕ центрта, вырăнсенче тата заводсенче 200 яхăн хаçатсемпе журналсем кăларса тăрать.

Коммунистсен партийĕ хăйĕн организацийĕ ĕçне çак тĕп задачăна пурнăçлас тĕллевпе туса пырать: ертсе пыракан органсем демократилле тата политикăлла ĕçе тăрăшса туса пынипе, партин рядовой членĕсен пурне те парти умĕнче тăракан задачăсене пурнăçлас ĕçе хутшăнтарнипе тата парти членĕсен ответлăхне ӳстернипе коммунистсене пурне те активлă ĕçлекенсем тумалла.

Италири коммунистсен партийĕ çĕршыври демократилле юхăма ертсе пынине пурте йышăнаççĕ. Парти чăнипех ертсе пыракан вăй, рабочи класĕн тата пĕтĕм Итали халăхĕн марксистла-ленинла авангарчĕ тата çулпуçĕ пулса тăрать.

Италири коммунистсен партийĕн генеральнăй секретарĕ Тольятти юлташ Генуйăри коммунистсен митингĕнче каланă сăмахра парти мĕнле майпа çитĕнӳсем туса пыни çинчен каласа панă.

«Мана тата сире те,—тенĕ вăл,—нумай хут çакăн пек ыйту параççĕ: пирĕн коммунистсен партийĕ Италире çакăн пек хăватлăн аталанса пыни, пирĕн обществăра тарăн тымарсем яни мĕнле сăлтавсенчен килет-ха? Ăна вунă çул хушши хĕсĕрленĕ тата пусарса лартмалли питĕ чее те усал нумай майсемпе путарса пынă пулин те, пирĕн парти ӳссе пырать, хăйĕн позицийĕсене тытса тăрать, вĕсене сарса пырать тата унăн сасси хытăрах та авторитетлăрах илтĕвет,—çакă мĕнле сăлтавсенчен килет-ха? Пире çав ыйтăва паракансене эпир пĕр ответ кăна пама пултаратпăр: пирĕн партин членĕсем, пирĕн кадрсем ĕçлесе пынипе эпир парти, рабочи класс тата халăх хушшинче çирĕп çыхăнусем туса хума пултартăмăр, çав çыхăнусене никам та пĕтерме пултараймасть,—парти çитĕнӳсем туса пыни çавăнтан килет».

Италири коммунистсен партийĕ хăйĕн ĕçĕнче массăсемпе çыхăну тытасси çинчен Ленин кăтартса панине ăнăçлăн пурнăçласа пырать. Çавăнтан килет парти вăйлă пулни, çавăнпа вăл малашне те çитĕнӳсем туса пырĕ.

А. ДЬЯКОВ.

---

# Демократиллĕ Германи Республикинчи ĕççыннисем халăх çарĕ туса хума ыйтаççĕ

БЕРЛИН, январĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Демократилле нимĕç хаçачĕсем пĕлтернĕ тăрăх, Хĕвеланăç Германие çĕнĕрен хĕçпăшаллантарни тата Хĕвеланăç Германире агрессилле çар туса хуни çине ответлесе, Демократиллĕ Германи Республикин хăрушсăрлăхне сыхлама тата республикăри ĕççыннисен çитĕнĕвĕсене хӳтĕлеме унти ĕççыннисем халăх çарĕ туса хума ыйтаççĕ, çавăн пек çар тума ыйтса Демократиллĕ Германи Республикин правительствипе Халăх палатине çырусем яраççĕ. Демократиллĕ Германи Республикинчи предприятисенчи, учреждениисенчи рабочисемпе служащисем хăйсен çырăвĕсемпе резолюцийĕсенче çакна палăртаççĕ: Хĕвеланăç Германи çĕнĕрен хĕçпăшалланни тата вăрçа хатĕрленмелли империализмла политика тытса пыни Демократиллĕ Германи Республикишĕн, унăн мирлĕ строительствишĕн хăрушлăх туса хурать.

Демократиллĕ Германи Республикинче халăх çарĕ туса хума требовани лартакан ĕççыннисен митингĕсем Берлинри И. В. Сталин ячĕпе тăракан электроаппаратура заводĕнче, Одер çинчи Франкфуртра, Бранденбургри хурçă шăратакан заводра, В. Ульбрихт ячĕпе тăракан «Лейна-верке» хими комбинатĕнче, Унтервелленборнри «Макс-хютте» предприятире, Риза хулинчи хурçă прокачĕн заводĕнче тата Демократиллĕ Германи Республикинчи ытти предприятисенче те пулса иртнĕ.

Одер çинчи Франкфуртри ĕççыннисен митингĕнче сăмах тухса каласа, Пысăк Берлин обер-бургомистрĕ Фридрих Эберт çакна палăртнă: халăх çарĕ туса хурасси вăл Демократиллĕ Германи Республикине унăн тăшманĕсен вăрçă пуçламалли планĕсенчен хӳтĕлес ыйту кăна мар, Демократиллĕ Германи Республики суверенитечĕ çинчен тăракан ыйтăвăн пĕр пайĕ пулса тăрать.

---

# Демократиллĕ Германи Республикин Халăх палати халăх çарĕпе оборона министерстви туса хурасси çинчен йышăннă закон

БЕРЛИН, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Германи Республикин Халăх палати паçин (çĕршывăн) халăх çарĕпе оборона министерствине туса хурасси çинчен закон йышăннă. Законра çапла каланă:

«Рабочисемпе хресченсен государствине, ĕççыннисем тунă çитĕнӳсене хӳтĕлесси тата ĕççыннисене мирлĕ ĕçлеме условисем туса парасси пирĕн демократилле, сувереннăй тата мире юрататакан государствăн чи кирлĕ тивĕçĕ пулса тăрать. Хĕвеланăç Германире милитаризма çĕнĕрен аталантарса ура çине тăратни тата Хĕвеланăç Германин тара кĕрĕшнĕ çыннисенчен тăракан çарне туса хуни нимĕç халăхĕпе Европăри мĕнпур халăхсемшĕн яланах хăрушлăх пулса тăрать. Демократиллĕ Германи Республикин оборона хăватне ӳстерес тата унăн хăрушсăрлăхне сыхлас шутпа, Демократиллĕ Германи Республикин конституцийĕн 5-мĕшпе 112-мĕш статьисем тăрăх Демократиллĕ Германи Республикин Халăх палати çакăн пек закон йышăнчĕ:

1-мĕш параграф. 1) Нацин халăх çарне туса хурас.

2) Халăх çарĕ çĕр çинчи, сывлăшри тата тинĕсри хĕçпăшаллă вăйсенчен тăрать, вĕсем Демократиллĕ Германи Республикине хӳтĕлеме кирлĕ. Хĕçпăшаллă вăйсен йышĕ Демократиллĕ Германи Республикин территорине хӳтĕлес, унăн чиккисене тата сывлăш пространствине хӳтĕлес задачăсене пурнăçлама кирлĕ чухлĕ пулать.

2-мĕш параграф. 1) Наци оборонин министерствине туса хурас.

2) Оборона министерстви, Демократиллĕ Германи Республикин Халăх палатин законĕсем, распоряженийĕсем тата решенийĕсем тăрăх тата вĕсене пурнăçласа, халăх çарне (çĕр çинчи, сывлăшри тата тинĕсри хĕçпăшаллă вăйсене) организацилет тата ертсе пырать.

3) Оборона министерствин задачисене Министрсен Совечĕ палăртса парать.

3-мĕш параграф. Закон ăна пичетлесе кăларнă кунтан пуçласа вăя кĕрет».

---

# Францири ĕççыннисем Халăх фрончĕн правительстви туса хума требовани лартаççĕ

ПАРИЖ, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Франциre Халăх фрончĕн правительстви туса хурассишĕн пуçланнă юхăм сарăлса пырать. Хуласемпе ялсенче, нумай промышленность предприятийĕсенче тата учреждениисенче митингсемпе пухусем пулса иртеççĕ, ĕççыннисен хăйсем йышăннă резолюцисенче: коммунистсем, социалистсем тата радикалсем хутшăннипе правительство туса хумалла, тесе требовани лартаççĕ.

«Юманите» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Нор департаментĕнчи металлурги предприятийĕсенче рабочисем, хăйсем çак требованин ырланине кăтартса, забастовкăсем туса ирттернĕ. Çавăн пек забастовкăсем, сăмахран, Лилль хулинчи «Фив-Лилль» предприятийĕнче тата Марлири «Ла Роннель» заводĕнче пулса иртнĕ. Хăйсем йышăннă резолюцисенче рабочисем Франци салтакĕсене Çурçĕр Африкăран каялла илсе килме, тĕнчери лару-тăрăва малалла çăмăллатмалли политика тытса пыма требовани лартаççĕ, ĕç укçине, пособисене тата пенсисене ӳстерме, çавăн пекех гражданла, тĕнпе çыхăнман вĕрентӳ системине хирĕç пыракан законсене пăрахăçа кăларма ыйтаççĕ.

«Либерасьон» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Наци пухăвне Вогезы департаментĕнчен Халăх фрончĕн списокĕ тăрăх суйланă Пуаро социалист тата прогрессивнăй республиканецсен союзĕн членĕ Шамбейрон республика президенчĕ Коти патне çыру янă. Вĕсем çакна палăртаççĕ: январĕн 2-мĕшĕнче пулса иртнĕ суйлав суйлавçăсен чи пысăк пайĕ çĕнĕ политикăшăн тăнине кăтартса пачĕ. Франци, тенĕ çырура, Халăх фрончĕн принципĕсем çинче никĕсленсе тăракан правительство туса хурассине кĕтет.

---

## Францин Наци пухăвĕн сессийĕ уçăлнă

ПАРИЖ, январĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Францин январĕн 2-мĕшĕнче суйланă Наци пухăвĕн сессийĕ уçăлнă. Конституци тăрăх, ларура чи ватă депутат, Франциri рабочисен юхăмĕн паллă деятелĕсенчен пĕри Марсель Кашен коммунист председатель пулнă. Вăл сăмах тухса каланă.

Унтан Кашен Наци пухăвĕн депутачĕсен полномочийĕсене тĕрĕслеме 10 мандат комиссийĕ туса хурасси çинчен пĕлтернĕ. Комиссисен членĕсене депутатсен шутĕнчен шăпа ярса суйланă. Çакăнпа лару хупăннă. Январĕн 20-мĕшĕнчи ларура мандат комиссийĕсен доклачĕсене пăхса тухаççĕ.

---

### ФРАНЦИ ПРАВИТЕЛЬСТВИН ЛАРАВЕ

ПАРИЖ, январĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер ирхине республика президенчĕ Рене Коти председатель пулса ертсе пынипе Франци министрĕсен совечĕн ларăвĕ пулса иртнĕ.

Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, ку вăл—хальхи правительствăн юлашки ларăвĕ. Наци пухăвĕн мандат комиссийĕсем депутатсен полномочийĕсене тĕрĕсленĕ хыççăн Наци пухăвĕн председательне суйлаççĕ. Унтан вара Эдгар Фор правительство вырăнтан тухасси çинчен президента заявлени парать.

---

### ИРАКРИ ЙЫВĂР ЛАРУ-ТĂРУ

БЕЙРУТ, январĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). «Ас-Сарха» хаçатăн Багдадри корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, Иракри политикăлла лару-тăру çав-çавах питĕ йывăр. Иракра влаçра тăракан ушкăнсем, тесе çырать корреспондент, Ирака Багдадра тунă çар пактне кĕртнĕ Нури Саид премьер-министрăн режимне хирĕç Ирак халăхĕ восстани пуçласран шикленеççĕ. Багдадра полицин пысăк вăйĕсене тата Нури Саид хăйĕн режимĕшĕн шанчăклă тесе шутлакан çар чăсĕсене мобилизациленĕ.

Корреспондент çакна палăртать: «Иракри лару-тăру Нури Саидпа ăна çывăх çынсем кĕтнĕ пек мар, нумай урăхларах пулса тăнă».

---

## Индонезири политикăлла лару-тăру

ДЖАКАРТА, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Индонезири политикăлла ушкăнсенче çĕнĕ правительство тăвас ыйту çине нимĕнрен те тимлĕрех пăхаççĕ. Хаçатсем çапла пĕлтереççĕ: январĕн 18-мĕшĕнче мусульмансен партийĕсен — Индонезири мусульмансен союзĕн тата Нахдатул улама партийĕн руководстви хăйсен министрĕсене Харахап кабинечĕн составĕнчен чĕнсе илесси çинчен решени йышăннă. (Çак партисем правительствăра пысăк вырăнсем йышăнса тăраççĕ). Индонезири мусульмансен союзĕпе Нахдатул улама партийĕ çакăн пек требовани лартнă: Харахап правительстви çитес икĕ кун хушшинче хăйĕн мандатне каялла таврса памалла, тенĕ. Хаçатсенче политикăлла партисен, профсоюзсен тата çамрăксен организацийĕсен çак правительствăна пĕр тăхтаса тăмасăрах вырăнтан тухма, национальнăй парти, коммунистсен партийĕ тата мусульмансен партийĕ пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçленĕ никĕс çинче çĕнĕ правительство туса хума требовани лартакан вуншар заявленийĕсем пичетленсе тухнă. Çак партисем, суйлав кăтартса панă тăрăх, Индонези халăхĕн чи пысăк пайĕн шухăш-кăмăлне палăртса тăраççĕ.

---

# МИХАИЛ ПЕТРОВИЧ КАЗАКОВ

Ĕнер, ирхине 6 сехетре, Михаил Петрович Казаков—хаçатра активлă ĕçлекен сенчен пĕри, «Советская Чувашия» хаçат редколлегийĕн членĕ, промышленноçпа транспорт пайĕн заведующийĕ сасартăк вилсе кайрĕ.



М. П. Казаков 1908 çулта Горький облаçĕнчи Воскресенски ялĕнче çуралнă. Малтан вăл Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Штанашра учитель пулса ĕçленĕ. 1931 çулта партин Чăваш обкомĕ йышăннă решени тăрăх ăна «Советская Чувашия» хаçат редакцийĕнче ĕçлеме кучарнă, унта вăл юлашки кунччченех ĕçленĕ. Михаил Петрович пултаруллă, партин принципне çирĕп тытса пыракан журналист пулнипе палăрнă. Вăл ялхуçалăхне коллективизациленĕ çулсенче классен кĕрешĕвне çутатакан, пĕррремĕш пилĕкçуллăхра лартнă предприятисене тунă вăхăтра, вăрçă хыççăнхи çулсенче ĕççыннисем пĕтĕм вăя хурса ĕçленине çутатакан лайăх статьясем çырнине хаçат вулакансем лайăх пĕлеççĕ.

1953—1954 çулсенче М. П. Казаков КПСС Центральнăй Комитечĕ çумĕнчи Партин Аслă Шкулĕнчи пĕр çуллăх курсра вĕреннĕ.

М. П. Казаков сăпайлă та кăмăллă юлташчĕ. Ăна çавăнпа журналистсем хисеплесе юрататчĕç. Вăл Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн членĕ пулнă, ăна темиçе хутчен те редакцири партбюро составне суйланă, юлашки вăхăтра вăл «Советская Чувашия» хаçат редакцийĕнчи пуçламăш парторганизацин секретарĕ пулса ĕçлерĕ. Партин Шупашкар хулинчи организацийĕн XVIII-мĕш конференцийĕнче М. П. Казакова КПСС хула комитечĕн членне суйланă.

М. П. Казаков — Аслă Отечественнăй вăрçă участникĕ. Вăрçăри заданисене пурнăçланăшăн М. П. Казакова Совет правительстви Хĕрлĕ Çăлтăр орденпа тата медальсемпе награждăланă.

Михаил Петрович Казаков совет халăхĕпе Коммунистсен партийĕн шанчăклă ывăлĕ пулнă. Унăн ырă ятне эпир яланах асра тытăпăр.

**П. В. Владимиров, А. С. Ерланов, С. М. Ислюков, М. Д. Корабельников, Н. Н. Никитин, В. Я. Яковлев, П. А. Чичикин, А. И. Иванов, А. П. Швечков, Д. И. Абашев, Н. П. Енчиков, И. А. Маркелов, А. А. Сысин, М. Н. Якимов, Л. Г. Шерстюк, П. Е. Александров, Ф. А. Александров, И. М. Алтын-Баш, В. Г. Буриков, С. Т. Васина, Е. И. Галямина, Н. Ф. Герасимов, С. И. Данилов, Д. Ф. Дубинин, П. З. Дубровин, М. П. Ижеев, А. А. Калинин, С. В. Карташов, М. К. Костин, П. А. Крысин, Т. Е. Майоров, М. П. Морозов, А. В. Морсков, А. И. Муллин, П. Н. Никандров, П. Н. Николаев, А. С. Отачкин, В. П. Петров, Ф. П. Прокофьев, А. И. Сарра, М. С. Семенов, В. Г. Станюков, А. Н. Студенецкий, Н. А. Стуриков, Г. Т. Тимофеев, Н. А. Ургалкина, М. Н. Николаев, Е. Е. Варламов, Н. И. Великоцкий, И. А. Журавлев, И. М. Ложечников, М. В. Цфасман, Н. А. Элле, А. А. Эсхель.**

---

## *КПСС Чăваш обкомĕнчен*

КПСС Чăваш обкомĕ «Советская Чувашия» хаçат редакцийĕн промышленноçпа транспорт пайĕн заведующийĕ, редколлеги членĕ

Михаил Петрович

**КАЗАКОВ**

1956 çулхи январĕн 20-мĕшĕнче вилсе кайни çинчен унăн çемйипе пĕрле хурланса пĕлтерет.

---

### М. П. КАЗАКОВА ПЫТАРАС ĔÇЕ ОРГАНИЗАЦИЛЕМЕ УЙАРНА КОМИССИРЕН

М. П. Казаков ӳтне хунă тупăка КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотека çуртне (Урицкий урамĕ) лартнă. Сывпуллашса уйрăлма пыракансене январĕн 21-мĕшĕнче 11 сехетрен пуçласа каçхине 9 сехетчен, январĕн 22-мĕшĕнче ирхине 10 сехетрен пуçласа кĕртеççĕ. М. П. Казаков ӳтне январĕн 22-мĕшĕнче кăнтăрла иртсен икĕ сехетре пытарма илсе тухаççĕ.

### РАДИОПА ПАРАКАН ПЕРЕДАЧĂСЕМ

**Январĕн 23-мĕшĕ.**

8.20 — Ялхуçалăхĕнче ĕçлекенсем валли хатĕрленĕ передача. 8.40 — Композиторсем йĕркелесе илемлетнĕ чăваш халăх юррисем. 18.50 — Пионерсемпе шкул ачисем валли хатĕрленĕ передача. Литературăпа искусство çинчен ыйтусемпе ответсем. 19.05 — Агро-зоотехникăна вĕренекенсене пулăшма «Тăпрасем тата вĕсен пахалăхĕ» ятлă лекци. 19.25 — Ялхуçалăхĕнче ĕçлекенсем ыйтнипе йĕркеленĕ концерт.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

---

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРЕНЧЕ январĕн 21-мĕшĕнче ырăсла спектакль «Персональное дело», январĕн 22-мĕшĕнче кăнтăрла чăвашла спектакль «Мещенсем», каçхине чăвашла спектакль «Асран каймн кунсем» кăтартаççĕ.

Спектакльсем 12 тата 19 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.



КПСС Шупашкар хула комитечĕ парти хула комитечĕн членĕ, «Советская Чувашия» хаçат редакцийĕнчи парторганизацин секретарĕ

Михаил Петрович

**КАЗАКОВ**

вăхăтсăр вилсе кайни çинчен унăн çемйипе тата тăванĕсемпе пĕрле хурланса пĕлтерет.

---

Чăваш АССР Культура министерстви культура работникĕсен профсоюзĕн обком председательне А. И. Чиркована унăн упăшки

Михаил Петрович

**КАЗАКОВ**

кăçалхи январĕн 20-мĕшĕнче вăхăтсăр вилни пирки унпа пĕрле хурланни çинчен пĕлтереççĕ.

---

«Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцийĕнче ĕçлекенсен коллективĕ

Михаил Петрович

**КАЗАКОВ**

журналист январĕн 20-мĕшĕнче вăхăтсăр вилсе кайни çинчен унăн çемйипе тата тăванĕсемпе пĕрле хурланса пĕлтерет.

---

«Советская Чувашия» хаçат редакцийĕн коллективĕ редакцин промышленноçпа транспорт пайĕн заведующийĕ

Михаил Петрович

**КАЗАКОВ**

кăçалхи январĕн 20-мĕшĕнче вăхăтсăр вилни çинчен, унăн çемйипе тата тăванĕсемпе пĕрле хурланни çинчен пĕлтерет.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00610 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 16, Тираж 37.000 экз.